ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

1953 çул Август 7 эрнекун № 154 (9063)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

## Паянхи номерте:



## Кĕрхи тырăсене вăхăтра акса хăварар

Кĕрхи тырăсене вăхăтра тата лайăх акса хăварасси—социализмла ял хуçалăхĕн чи пысăк ĕçĕсенчен пĕри. Колхозсемпе машина-трактор станцийĕсем умĕнче тăракан ответлă задача халĕ кĕрхи тырăсене вăхăтра тата пысăк пахалăхпа акса хăварса, килес çулхи вăйлă тырпулăн çирĕп никĕсне хывасси пулать.

Кĕрхи тырăсем халăх хуçалăхĕнче пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Ырашпа кĕрхи тулă акмалли çĕр лаптăкне пысăклатни тата вĕсен тухăçлăхне ўстерни хамăр çĕршыва тĕштырăпа ытлашшипех туса илме май парĕ. Ырашпа кĕрхи тулă апат-çимĕç хисепĕнче малта тăракан культурăсем шутланаççĕ.

Совет государстви социализмла ял хуçалăхне валли çителĕклĕ таран хăватлă техника, минераллă удобренисем парать. Машина-трактор станцийĕсем кунран-кун вăйлă тракторсемпе, ял хуçалăх машинисемпе янтăлана пыраççĕ. Колхозсенче те ял хуçалăх машинисем нумай. Çаксем пĕтĕм, колхозсемпе ял хуçалăх органĕсен руководителĕсен ĕçе лайăх организацилесен, кĕрхи тырăсене вăхăтра, лайăх акса хăварма условисем çителĕклĕ кăтартаççĕ.

Кĕрхи тырăсем кăçал никăм çулхинчен те лайăхрах тата вăхăтра акса хăвармалла. Колхозсем нумайăшĕ сортлă вăрлăх кирлĕ таранах хатĕрленĕ. Чылай районсенче пурн çĕртре пусене удобренисем хывса, вăхăтра та тарăн сухалса хăварнă, уй-хирсене çу касиччен кăпкалатса сухаласа тасатса хăварнă. Нумай çул хушшинче пухăннă опыт çакна кăтартать: пирĕн республика условийĕсенче кĕрхи тырăсене августăн пирвайхи çур уйăхĕ хушшинче акни лайăхрах. Правительство йышăннă решенипе те республикăра кĕрхи тырăсене августăн 5-мĕшĕнче 20-мĕшĕ хушшинче акма хушнă.

Колхозниксемпе МТС работникĕсем, ял хуçалăх специалисчĕсем социализмла ăмăртăва хутшăнса хăйсем çине илнĕ обязательствăсене кĕрхи тырăсене малта пыракан агрономи наукин хушнă вăхăтра акса хăварма палăртнă. Халĕ çак çĕнĕ обязательствăсене тимлĕн пурнăçласси тăрăшмалли тапхăр пуçланчĕ.

Районсенчи колхозсен руководителĕсен халĕ нихçанхинчен те ытларах оперативлăх тата конкретлăх, çавăнашкалăх кăтартмалла. Мĕнпĕн тесен август уйăхĕнче пĕр вăхăтрах тырпул пухса кĕртмелле, государствăна тыр памалла, кĕрхи тырăсене те акмалла. Çак ĕçсене пĕр-пĕринпе çыхăнтарса туса пыма пĕлни руководительсен ăсталăхне, вĕсен пултарулăхне кăтартса парать.

Кĕрхи тырăсем акас ĕçре машина-трактор станцийĕсем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Кăçал колхозсене кĕрхи тырăсене 83 процентне МТС машинисемпе акса памалла. Çак задание вăхăтра пурнăçлассишĕн тăрăшса, пур сеялкăсене те малтанхи кунтан пуçласах икĕ сменăпа, тухăçлă ĕçлеттермелле тăвас пулать. Малта пыракан механизаторсен опытне анлăн сарса, трактор агрегачĕсене сехет графикĕ тăрăх ĕçлеттермелле. Механизаторсене анăçлăн ĕçлеме мĕн кирлине уйхир бригадисен пĕтĕмпех туса памалла. Горючи, шыв, вăрлăх турттарса тăрас ĕç пĕр чăрмавсăр пулса пытăр.

Вăрлăх—вăйлă тырпул никĕсĕ. Кĕрхи тырăсене вырăнти условисенче пысăк тухăç паракан сортлă вăрлăхсемпе кăна акмалла. Малта пыракан колхозсен опычĕ çакна кăтартса парать: «Казанская» тата «Вятка» ыраш сорчĕсем тата «Ульяновка» текен кĕрхи тулă сорчĕ пирĕн республика условийĕсенче чи тухăçлă сортсем пулаççĕ. Кĕрхи тулăсенчен 46/131-мĕш номерлĕ ырашпа тулă гибриднĕ тата «Новодеревенская» сортлисене акма юрать.

Пĕтĕрхи вăрлăх çитмест пулсан, кăçалхи вăрлăхлăх хăварнă участоксен çинчен пухса кĕртнĕ вăрлăхпа акас пулать. Анчах çĕнĕ вăрлăха акас умĕн лайăх тасатса сывлăшра хĕвелпе ăшăтмалла, пахалăхне тĕрĕслесе, вутпуççисемпе е тата ытти чирсемпе чирлесрен тĕрлĕ препаратсемпе имçамламалла. Ял хуçалăх специалисчĕсен тивĕç—колхозсене вăрлăха кирлĕ пек хатĕрлеме пулăшасси, кĕракан пахалăхне тĕрĕслесех пулать. Агротехникăна пăсни, уйрăмах акмалли нормăна улăштарни пачах пулмалла мар.

Кĕрхи тырăсене кирлĕ вăхăтра акса хăварма опытлă та хастарлă колхозниксене, механизаторсене уйăрса çирĕплетни, машинăсемпе туртăм вăйне ĕçе лайăх уйăрса тĕрлени кирлĕ. Трактор бригадисен валли те, уй-хир бригадисен валли те кĕракан ирттермелли график туса памалла, турттăм вăйĕпе мĕнле усă курмаллине малтанах палăртса хумалла. Кĕрхи тырăсене мĕншĕр лаптăк çинче сеялкăсемпе кăна акмалла, алăпа акни пачах пулмалла мар.

Совет агрономи наукин тата малта пыракансен опычĕ кăтартса панă тăрăх, тырпул тухăçлăх хĕрселĕ тата акнинчен порлĕ майсемпе аксан пысăк пулать. Асăннă меслетсемпе кăçал 38 пин гектар ытларах акмалла. Çак прогрессивлă меслетсемпе акас ĕçе организацилени, чухне вăрлăхпа пĕрле пĕрчĕлетнĕ суперфосфат е пĕрчĕлетнĕ ытти удобренисем хутăштарса акассине те организацилемелле. Удобренисене çавăн пек майпа хывни кашни гектартан 2—3 центнер ытларах тыр туса илме пулăшать.

Кĕракине вăрлăх участокĕсем уйăрса хăварас ĕçе тĕплĕн тăвас пулать. Вăрлăх участокĕсене çинче тырра обязательнăй йĕркепе хĕрселĕ майпа е ансăр ретпе акмалла. Лайăх суйласа сортлăх вăрлăх çеç акмалла. Вăрлăх участокĕ валли çĕртре сухи айне удобренисем хывса тарăн сухалнă участоксем уйăрса илмелле.

Колхозсенчи, МТС-сенчи пуçламăш парторганизацисен халĕ политикăлла-массăлла ĕçе куллен вăйлатса, колхоз ĕçченĕсене механизаторсен производствăлла активлăхне малалла ўстерсе пыма тăрăшас пулать, социализмла ăмăртура çĕнĕ çитĕнӳсем туна пулăшса тăмалла. Тырпула ĕçе срокра, тăкаламасăр пухса кĕртессишĕн, государствăна срокчен тыр парса татассишĕн кĕрешнипе пĕрле, кĕракине агротехника енчен чи лайăх срокра ирттерессишĕн те тимлесе ĕçлемелле.

КПСС райкомĕсемпе райсовет исполкомĕсен, ял хуçалăх хатĕрлев министерствин тата унăн вырăнсенчи органĕсен хальхи чи ответлă задачи вăл—колхозсенчи ĕçсене оперативлăн ертсе пырасси, кĕрхи тырăсене пысăк пахалăхпа, вăхăтра акса хăварассине тăвасси пулать. Ыраш тата кĕрхи тулă акмалли плана кашни колхоз, кашни район тăрăх тултармалла.

Кĕракине вăхăтра тата лайăх ирттересе, çитес 1954 çулхи вăйлă тырпула никĕсне хывса хăварар!

## Шкулсем валли учебниксем

ЛЕНИНГРАД, августăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Паян «Союзвниготоргăн» Ленинградри кĕнеке базине Совет Союзĕн вăтам тата пуçламăш шкулсем валли пичетлесе кăларнă учебниксене ярса пĕтернĕ. Юлашки кĕнекесем çыххисене Ярославль, Иваново, Горький хулисене янă. Çĕршыври 152 хулана пĕтĕмпе 27 миллиона яхăн учебник ярса панă.

## Кĕрхи ака умĕн

Кĕрхи тырăсем—тулăпа ыраш пирĕн çĕршывра пысăк вырăн йышăнаççĕ. Кăçал вĕсене Казахстанпа Уралти, Вăтам Авари тата РОФСР-ăн сурçĕр-хĕвелалăç районĕсенчи колхозсенче пĕлтĕрхинчен чылай нумайрах акаççĕ.

Кĕрхи тулă туса илмелли лаптăка кăçал, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, пистинчен ытларах çĕршывăн кăнтăр-хĕвелтухăç тата вăтаçĕрти районĕсенче пысăклатма палăртнă. Агротехникăна тĕрĕс пурнăçласа пырсан, кĕрхи тулă тухăçлăхĕ унта кĕрхи ыраш тухăçлăхĕнчен пысăкрах пулать. Сывăх кунсенче çĕршывăн сурçĕрти районĕсенче кĕрхи тырăсене массăллăн акма пуçлаççĕ. Чылай çĕрте вĕсене акма тытăннă.

Тырпулсем тата ытти культурăсем ирттерех пуçса çитнине пула вĕсене ахăрах пухса кĕртнине пула, колхозсемпе совхозсем кĕрхи тырăсене акма уй-хирсенчи тăтăрма кăнтăлатма ирттерех пуçлама пултараççĕ. Çавăнпа вĕсен пысăк тухăçлă тырпул туса илме май парать.

Паха вăрлăх хатĕрлес тĕлĕшпе уйрăмах тимлĕ ĕçлемелле. СССР Министрĕсен Совечĕ 1953 çултан пуçласа вăрлăх фончĕсем тума, чи малтанах, вăрлăх участокĕсенчен çинче туса илнĕ паха, сортлă тырра уйăрса хăварналли йĕрке тунă. Суйласа илнĕ лайăх вăрлăх çитмесен, колхозсене государствăна тыр памалли плана пурнăçличчен тырă тухăçлăх пысăк пулнă вырăнсенчен пухса илнĕ лайăх вăрлăх фондне хывма ирĕк панă.

Çĕршывăн нумай колхозĕсем совхозсем вăрлăх участокĕсенчи тырпула вăхăтра пухса кĕртеççĕ. Июль уйăхĕ вĕçĕнче тĕле колхозсен вăрлăх фондĕсене пĕтĕрри вăрлăхпа çурри тултарнă. Ытти нумайăш тырă хывнă. Грозный облаçĕнчи, Краснодар крайĕнчи, Ростов облаçĕнчи колхозсем кĕрхи тырăсем валли вăрлăхĕсене хатĕрлесе çитересĕ ĕнтĕ.

(ТАСС).

# СССР Верховнăй Совечĕн ларăвĕсем

## СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ уçăлни

Августăн 5-мĕшĕнче Мускавра, Кремльти Пысăк керецра, СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ уçăлнă. Сессие совет халăхĕ коммунизм строительствинче çĕнĕ çитĕнӳсем тунă лару-тăрура, мĕнпур ĕçсынисем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви тавра тачăрах пĕтĕçсе пынă лару-тăрура пуçтармаллă. Пирĕн çĕршыври халăхсен никам аркатайми туслăхĕ, совет обществин моралĕ-политикăлла пĕрлĕхĕ ытларах та ытларах тĕрекленсе пыраççĕ.

## Союз Советĕнче

Кăнтăрла 2 сехетре, Кремльти Пысăк керецра Союз Совечĕн ларăвĕ пуçланнă.

Правительство ложинче—СССР Верховнăй Совет Президиумĕн членĕсем, министрсем. Залра—промышленноçпа транспортри малта пыракан çынсем, паллă ученăйсем, литературăпа искусство деятелĕсем. Дипломати корпусĕн ложисене çынсем нумай пухăннă. Пичет представителĕсен ложинче—Совет Союзĕнчи тата урăх çĕршывсенчи пичет представителĕсем.

Председатель сĕтелĕ хушшинче—Союз Совечĕн председателĕ М. А. Яснов депутат, председатель заместителĕсем—А. И. Кириченко, Т. М. Зуева, А. Ю. Снечкус, А. И. Ниязов депутатсем.

Партипе правительство руководителĕсем Г. М. Маленков, В. М. Молотов, Н. С. Хрущев, К. Е. Ворошилов, Л. М. Кагановичпа, М. З. Сабуров, М. Г. Первухин юлташсем пырса кĕрсен, вĕсене депутатсемпе хăнасем нумайччен алă çупса саламланă.

М. А. Яснов депутат Союз Совечĕн ларăвĕ уçăлни çинчен пĕлтернĕ.

Депутатсен Мандат комиссийĕн председателĕ А. М. Пузанов депутат виççĕмĕш сесси хыççăн Союз Советĕнчен туха ӳкнĕ депутатсем вырăнне 16 суйлав округĕнче çĕнĕрен суйланă депутатсен полномочийĕсене тĕрĕслени результачĕсем çинчен тунă доклада итленĕ. Докладчик 16 суйлав округĕнчи пурте те суйлавсем СССР Конституцийĕпе тата Суйлав положенийĕпе пĕтĕмпех килĕшӳллĕн иртни çинчен пĕлтернĕ. Суйлавсем халăхан патриотла çĕкленĕвĕ тата политикăлла активлăх пысăк пулнă лару-тăрура иртнĕ. Суйлавсем коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕн кандидачĕсемшĕн пĕр шухăшлă пулса сасăланă.

Депутата çаксем суйланă: Ленинград облаçĕнчи 53-мĕш Волхов суйлав округĕнче — П. Ф. Ладанов, Калинин облаçĕнчи 170-мĕш Ржев суйлав округĕнче — В. И. Киселев, Сталино облаçĕнчи 487-мĕш Макеевка суйлав округĕнче—И. И. Хотенков, Дагестан АССР-ĕнчи 359-мĕш Дербент суйлав округĕнче—Т. Алимов, Кемерово облаçĕнчи 174-мĕш Кемерово суйлав округĕнче — В. М. Мокрушин, Львов облаçĕнчи 460-мĕш Броды суйлав округĕнче — П. С. Козланюк, Винница облаçĕнчи 391-мĕш Казатин суйлав округĕнче—П. И. Ившутин, Горький облаçĕнчи 145-мĕш Арзамас суйлав округĕнче—А. М. Салданов, Армян ССР-ĕнчи 658-мĕш Ленинакан суйлав округĕнче — А. Е. Кочинян, Ростов облаçĕнчи 262-мĕш Таганрог суйлав округĕнче—П. Н. Гарцуев, Чита облаçĕнчи 333-мĕш Борзинско суйлав округĕнче—Е. Г. Троценко, Казах ССР-ĕнчи 596-мĕш Чимкент ял суйлав округĕнче—Д. А. Кунаев, Сталино облаçĕнчи 481-мĕш номерлĕ Сталинск 2-мĕш суйлав округĕнче—М. А. Богомолов, Ленинград хулинчи 41-мĕш Мускав суйлав округĕнче—А. А. Лебедев, Молотов облаçĕнчи 223-мĕш Кунгур суйлав округĕнче — Н. М. Пегов, Мускав облаçĕнчи 23-мĕш Орехово-Зуево суйлав округĕнче — В. В. Гришин.

И. В. Капитонов депутат сĕннĕ тăрăх, Союз Совечĕ Мандат комиссийĕн докладне пĕр сасăпа пулса çирĕплетнĕ.

Яснов депутат Верховнăй Советра пăхса тухма çакăн пек ыйтусем тăратни çинчен пĕлтерет:

1. СССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджетне çирĕплетесси тата СССР Союзĕн 1951 çулхипе 1952 çулхи Государство бюджечĕсене мĕнле пурнăçлани çинчен тунă отчета çирĕплетесси.

2. СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕсене çирĕплетесси.

М. П. Каунайте депутат сĕннипе асăннă ыйтусене сесси кун йĕркине кĕртнĕ.

Унтан сесси ĕçлемелли йĕркене çирĕплетнĕ. СССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен тăвакан доклада тата СССР Союзĕн 1951 çулхипе 1952 çулхи Государство бюджечĕсене мĕнле пурнăçлани çинчен тăвакан отчета Национальноçсен Совечĕпе Союз Совечĕн пĕрлехи ларăвĕнче итлеме; бюджет комиссийĕсен содокладчĕсене итлессине тата бюджет çинчен сӳтсе явассине кашни палатăра уйрăммăн ирттермелле. Юлашки ларăва пĕрле ирттермелле. Ку ларура бюджет çинчен сӳтсе явассине вĕçлемелле, доклатчикпа содокладчиксен юлашки сăмахĕсене итлемелле. СССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджетне çирĕплетмелле. Государство бюджечĕ çинчен закон тата Ял хуçалăх налогĕ çинчен закон йышăнмалла, çавăн пекех тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕсене çирĕплетмелле.

Кун хыççăн Союз Совечĕн ларăвĕ хупăнни çинчен пĕлтернĕ. (ТАСС).

## Национальноçсен Советĕнче

Кăнтăрла 4 сехетре, Кремльти Пысăк керецра Национальноçсен Совечĕн ларăвĕ уçăлнă. Правительство ложинче СССР Верховнăй Совет Президиумĕн членĕсем, министрсем пырса ларнă. Хăнасен ложисенче—дипломати корпусĕн представителĕсем. Пичет представителĕсен ложинче—Совет Союзĕнчи тата урăх çĕршывсенчи пичет представителĕсем.

Председатель сĕтелĕ хушшинче—Национальноçсен Совечĕн председателĕ Ж. Шаяхметов, Национальноçсен Совечĕн председателĕн заместителĕсем—М. Т. Янубов, М. В. Зимянин, В. Т. Лацис, Т. М. Матиашвили.

К. Е. Ворошилов, Н. А. Булганин, А. И. Микоян юлташсене залра депутатсемпе хăнасем ăшă кăмăлпа кĕтсе илнĕ.

Лару председателĕ — Ж. Шаяхметов депутат Мандат комиссийĕн председателĕ Г. Г. Кабин депутата сăмах панă. Кабин депутат СССР Верховнăй Совечĕн виççĕмĕшпе пиллĕкмĕш сессийĕсем хушшинчи тапхăрта çичĕ суйлав округĕнче Национальноçсен Советĕнчен тухса ӳкнĕ депутатсем вырăнне çĕнĕ депутатсем суйланни çинчен пĕлтернĕ. Суйланă депутатсем пурте—коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕн кандидачĕсем. Суйлав результачĕсем совет çыннисен никам аркатайми моралĕ-политикăлла пĕрлĕхне уççăн кăтартса панă. Доклатчик çичĕ суйлав округĕнче те суйлавсем СССР Конституцийĕпе тата СССР Верховнăй Совечĕн суйлавĕсен положенийĕпе пĕтĕмпех килĕшӳллĕн иртни палăртнă.

Депутата çаксем суйланă: Мари АССР-ĕнчи 499-мĕш Юрино суйлав округĕнче—А. М. Спиридонов, Удмурт АССР-ĕнчи 549-мĕш Ува суйлав округĕнче — Д. М. Холзаков, Армян ССР-ĕнчи 325-мĕш Кафан суйлав округĕнче—Г. Б. Багдасарян, Белорус ССР-ĕнчи 70-мĕш Постав суйлав округĕнче—Т. С. Горбунов, Хабаровск крайĕнчи 624-мĕш Коряк суйлав округĕнче — Г. И. Бенеров, Нахичевань АССР-ĕнчи 516-мĕш Енгиджан суйлав округĕнче—С. А. Оргудиев, Белорус ССР-ĕнчи 57-мĕш Слуцк суйлав округĕнче — В. М. Богданович.

М. Я. Тикчук депутат сĕннĕ тăрăх, Мандат комиссийĕн докладне çирĕплетнĕ.

Национальноçсен Совечĕн председателĕ Шаяхметов депутат сессире пăхса тухма çакăн пек ыйтусем тăратни çинчен пĕлтерет:

1. СССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджетне çирĕплетесси тата СССР Союзĕн 1951 çулхипе 1952 çулхи Государство бюджечĕсене мĕнле пурнăçлани çинчен тунă отчета çирĕплетесси.

2. СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕсене çирĕплетесси.

Т. С. Горбунов депутат сĕннипе Национальноçсен Совечĕ, пĕр сасăпа пулса, кун йĕркине çав ыйтусене кĕртме йышăннă.

Сесси ĕçлемелли йĕркене çирĕплетнĕ. Национальноçсен Совечĕ СССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен тăвакан доклада тата СССР Союзĕн 1951 çулхипе 1952 çулхи бюджечĕсене мĕнле пурнăçлани çинчен калакан отчета икĕ палатăн пĕрлехи ларăвĕнче итлеме, бюджет комиссийĕсен содокладчĕсене итлессине тата çак ыйтăва сӳтсе явассине кашни палатăра уйрăммăн ирттерме решени йышăннă. Юлашки пĕрлехи ларура бюджета сӳтсе явассине вĕçлемелле, докладчикпа содокладчиксен юлашки сăмахĕсене итлемелле, СССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджетне çирĕплетмелле, Государство бюджечĕ çинчен закон тата Ял хуçалăх налогĕ çинчен закон йышăнмалла, çавăн пекех тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕсене çирĕплетмелле çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухмалла.

Кун хыççăн лару хупăнни çинчен пĕлтернĕ. (ТАСС).

# Союз Совечĕпе Национальноçсен Совечĕн пĕрлехи ларăвĕ

Августăн 5-мĕшĕнче каçхине 7 сехетре СССР Верховнăй Совечĕн икĕ палатин — Союз Совечĕпе Национальноçсен Совечĕн пĕрлехи ларăвĕ уçăлнă.

Лару уçăличчен чылай малтан Кремльти Пысăк Керецĕ депутатсемпе—асăл Совет государствинчи мĕнпур халăхсен представителĕсемпе пуханма тытăнаççĕ. Совет Союзĕнче 60 ытла нацисем, халăх ушкăнĕсем, халăхсем тăванла туслăхпа пурнăçаççĕ. Залра Мускаври предприятисенче малта пыракан çынсем, ученăйсем, писательсем, искусство мастерĕсем, Совет Çарĕн вонисĕсем. Дипломати корпусĕ тата ют çĕршывсенчи совет журналисчĕсем валли уйрăм ложăсенче çынсем туллиех.

Правительство ложинче — СССР Верховнăй Совечĕн членĕсем, министрсем.

Председатель сĕтелĕ хушшинче—Союз Совечĕн Председателĕ М. А. Яснов депутат, Национальноçсен Совечĕн председателĕ Ж. Шаяхметов депутат, вĕсен заместителĕсем — А. И. Кириченко, Т. М. Зуева, А. Ю. Снечкус, А. И. Ниязов, М. Т. Янубов, М. В. Зимянин, В. Т. Лацис, Т. М. Матиашвили депутатсем.

Правительство ложинче Г. М. Маленков, В. М. Молотов, Н. С. Хрущев, К. Е. Ворошилов, Н. А. Булганин, Л. М. Каганович, А. И. Микоян, М. З. Сабуров, М. Г. Первухин юлташсем тухаççĕ.

Депутатсемпе хăнасем партипе правительство руководителĕсене ура çине тăрса, нумайччен тăвăллăн алă çупса, саламлаççĕ.

Лару председателĕ — Ж. Шаяхметов депутат Союз Совечĕпе Национальноçсен Совечĕн пĕрлехи ларăвĕ уçăлни çинчен пĕлтерет. СССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ тата СССР Союзĕн 1951 çулхипе 1952 çулхи бюджечĕсене пурнăçлани çинчен доклад тума СССР Финанс Министрне А. Г. Зверев юлташа сăмах параççĕ.

Докладчик çакна палăртать: СССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕн тĕп задачи вăл КПСС XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисем тăрăх Совет правительстви кăçалхи çул валли халăх хуçалăхне малалла аталантарма тата халăх пурнăçĕпе культурине малалла лайăхлатма палăртнă пысăк программăна пурнăçлама укçа-тенкĕ çителĕклĕ таран парса тăрасси пулать. 1951 тата 1952 çулсенче бюджета мĕнле тултарнине илес пулсан, анă иртнĕ икĕ çул хушшинче те анăçлă пурнăçлана. Тупăшсене илес пулсан, вĕсем расходсенчен нумай пысăкрах пулнă.

1953 çулхи Государство бюджечĕпе çĕршывăн экономикине культурине малалла аталантармалли, халăх пурнăçне лайăхлатмалли пысăк задачăсене татса парас тĕлĕшпе çĕклеенĕ Совет государствин пĕтĕм вăйне ĕне кăларнă.

СССР Верховнăй Совечне правительство çĕршывăн 1953 çулхи Государство бюджечĕ тупăшсем енĕпе 543,3 миллиард тенкĕлĕх, расходсем енĕпе—530,5 миллиард тенкĕлĕх çирĕплетме тăратать.

Государство бюджечĕпе 192,5 миллиард тенкĕ халăх хуçалăхне малалла аталантарас çул çине пĕр тапăрсем малалла аталантарма пама палăртнă. Партипе правительство халăх пурнăçне лайăхлатассипе культурине малалла кăлардăмчĕ, сывлăха сыхлас, социаллă обеспечени, страховани ĕçĕсем валли укçа-тенкĕ уйăрса парасси ӳссе пынинче те палăрса тăрать. Çак ĕçсем валли кăçалхи çул 129,8 миллиард тенкĕ уйăрса пама палăртнă. Пурăнмалли сурт-йĕр тума укçа-тенкĕ уйăрса парасси, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, 25 процент ытла ӳсет.

Совет государстви, мир политикине тата халăхсем хушшинчи туслăх политикине çирĕппĕн тытса пырса, мир тăшманĕсем енчен çĕнĕ агресси хăратса тăнине шута илсе, хамăр Тăван çĕршывăн хӳрăшрăлăхне çирĕплетме кирлĕ мерăсем йышăнать. Государство бюджечĕ тăрăх оборона ĕçĕсем валли 110,2 миллиард тенкĕ укçа уйăрса пама палăртни, тет Зверев юлташ, пирĕн чаплă Хĕçпăшаллă Вăйсене малалла лайăхлатса пыма, Совет Союзĕн оборона пултарулăхне тата ытларах тĕреклетме май парать. Докладчикăн çак сăмахĕсене пурте тăвăллăн алă çупса йышăнаççĕ.

Совет Союзĕн бюджечĕн тупăшĕ пайне укçа-тенкĕ пуринчен ытла предприятисемпе организацисен кирлĕ тупăшĕсем илсе парать. Халăхран илекен налогсем чакса пынă пурне, социализмла хуçалăх тупăшĕсем ӳссе пыраççĕ. Зверев юлташ çакна палăртать: бюджета анăçлă пурнăçлассипе хуçалăх органĕсен руководителĕсен енчен государствăна умĕнчи финанс обязательствисене вăхăтра тата тулăн пурнăçласа пырасси çине тимлĕ пăхни кирлĕ. Кашни предприяти енчен продукцие пысăк пахалăхпа, палăртнă ассортимент тăрăх кăларас тĕлĕшпе производство планне тултарса пыни, производство хăйне çăвăн парасран хакне йӳнетмелли задание тултарни, хуçалăх расчечне çирĕплетни, материалсемпе укçа-тенкĕне тытассипе çĕре тирпейлĕ пулни кирлĕ.

Бюджет проекчĕне пĕрлехи, тет докладчик, СССР Верховнăй Советне пăхса тухма правительство Ял хуçалăх налогĕ çинчен йышăнмалли закон проектне тăратать. Çак налога чылай чакарма палăртнă: кăçал—43 процент чухлĕ, çитес çултан пуçласа икĕ хут çура ытларах чакармалла. Закон проекчĕ гражданссене ял хуçалăх налогĕ хурас тĕлĕшпе тĕпрен улшăну тума палăртать.

Докладчик союзлă республикăсен бюджечĕсене çине чарăнса тăрать. Совет государстви, тет вăл, ленинла-сталинла наци политикине çирĕппĕн пурнăçласа, союзлă тата автономиллĕ республикăсенчи халăхсен хуçалăхĕпе культурине аталантарасси çине яланах тимлĕн пăхать. Çакă вăл республикăсен бюджечĕсенче те ӳссĕн палăрса тăрать. Республикăсен бюджечĕсенчи тупăшсемпе расходсем султан-çул ӳсе пыраççĕ.

Зверев юлташ çакна палăртать: СССР Союзĕн 1953 çулхи бюджечĕ, социализмла накопление малалла ӳстерсе пымалли тата тирпейлĕх режимне çирĕппĕн тытса пыма кирлине шута илсе, тунă. Докладра хăшпĕр министерствăсем иртнĕ çул накоплени планне тата хăйсен бюджечĕ умĕнчи обязательствисене тултарса çитерейменнине палăртнă.

— Бюджета анăçлăн пурнăçлани, — тет юлашкинчен Зверев юлташ, — пирĕн Тăван çĕршывăн экономикăлла хăватне малалла тĕреклетме, совет халăхĕн материаллă пурнăçĕпе культуралла шайне татах ӳстерме пулăшĕ, коммунизм обществине çитес ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тума пулăшĕ.

СССР Государство бюджечĕ çинчен доклад пулнă хыççăн Союз Совечĕпе Национальноçсен Совечĕн пĕрлехи ларăвĕ хупăннă.

Национальноçсен Совечĕн ларăвĕ августăн 6-мĕшĕнче кăнтăрла 11 сехетре, Союз Совечĕн ларăвĕ—каçхине 6 сехетре уçăлать. (ТАСС).

СССР ВЕРХОВНАЙ СОВЕЧĔН ЛАРĂВĔСЕМ

# ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен тата ССР Союзĕн 1951 çулхипе 1952 çулхи бюджечĕсене пурнăçлани çинчен

## *СССР Финанс министрĕ А. Г. ЗВЕРЕВ тунă доклад*

Депутат юлташсем! ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕн тĕп задачи вăл—халăх хуçалăхне малалла аталантармалли пысăк программăна пурнăçлама, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисем тăрăх Совет государстви кăçалхи çул валли халăх пурнăçĕпе культурине малалла хăпартас тĕлĕшпе палăртнă ĕçсене пурнăçлама укçа-тенкĕ çителĕклĕ таран парса тăмалла тăвасси пулать.

ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарас тĕлĕшпе ĕçленĕ икĕ çул çурă хушшинчи итогсем промышленноçа, ялхуçалăхне, транспорта аталантарас тĕлĕшпе çĕнĕрен пысăк çитĕнӳсем тунине, халăхăн материальнăй пурнăçĕ малалла лайăхланса пынине, совет халăхĕ сывлăхпа культура ĕçĕнче тунă çĕнĕ çитĕнӳсене яр-уççăн кăтартса параççĕ.

Халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсем аталанса пыни, ĕç тухăçлăхĕ ӳсни, продукцин хăйне ларакан хакĕ чакни çĕршывăн наци тупăшне чылай ӳстерме пулăшрĕç. Çакă вăл халăх пурнăçне малалла лайăхлатма, кăçалхи апрелĕн 1-мĕшĕнчен тытăнса куллен кирлĕ таварсен хакне çĕнĕрен йӳнетме, çапла вара рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçине тата хресченсен тупăшне ӳстерме май пачĕ. 1951-мĕшпе 1952-мĕш çулсем хушшинче тата 1953-мĕш çулăн малтанхи çур çулĕнче ваккăн сутмалли тавар çаврăнăшĕ нумай ӳснĕ.

Халăх хуçалăхĕпе культура 1951—1952 çулсем хушшинче, çавăн пекех тата 1953 çулăн малтанхи çур çулĕ хушшинче ӳссе пыни çакна кăтартать: ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тăрăх палăртнă задачăсем ăнăçлăн пурнăçланса пыраççĕ.

Çак çитĕнӳсене пурне те рабочи класпа колхоз хресченĕсем хушшинчи союз çирĕпленсе пынипе, пирĕн çĕршыври халăхсен туслăхĕ тĕрекленсе пынипе, пĕтĕм совет обществин моралĕ-политикăлла пĕрлĕхĕ çирĕпленсе пынипе, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн политикине пурнăçа çирĕппĕн кĕртсе пынипе тунă.

Пирĕн çĕршывăн халăх хуçалăхĕ ӳссе пыни СССР государство бюджетне ăнăçлăн пурнăçлама кирлĕ условисем туса пачĕ. СССР Верховнăй Советне çирĕплетме тăратнă отчетсем тăрăх СССР Государство бюджетне çакăн чухлĕ тултарнă: 1951 çулта: тупăшсем енĕпе—470,3 миллиард тенкĕлĕх, расходсем енĕпе—443 миллиард тенкĕлĕх; 1952 çулта: тупăшсем енĕпе—497,7 миллиард тенкĕлĕх, расходсем енĕпе—460,2 миллиард тенкĕлĕх. Бюджет тупăшĕсем расходсенчен 1951 çулта 27,3 миллиард тенкĕлĕх, 1952 çулта—37,5 миллиард тенкĕлĕх ытларах пулнă.

Тупăшсем расходсенчен çакăн чухлĕ нумайтарах пулни халăх хуçалăхне укçа-тенкĕ хывассине чылай ӳстерме май панă, çĕршывра укçа çаврăнăшне малалла тĕреклетме пулăшнă.

Бюджет шучĕпе çĕнĕ фабрикăсем, заводсем, машина-трактор станцийĕсем, культурăпа çутĕç учрежденийĕсем, пурăнмалли çуртсем тумалли пысăк программăна пурнăçлама укçа-тенкĕ парса тăнă, куллен кирлĕ таварсен ваккăн сутмалли хакĕсене чакарнă, сутĕçпе сывлăх учрежденийĕсене тытса тăма укçа нумай расходланă. Бюджетран халăх хуçалăхĕ тата халăхăн культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерме вăрçăченхи 1940 çулта 99 миллиард тенкĕ укçа уйăрса панă пулсан, 1952 çулта 301,6 миллиард тенкĕ уйăрса панă, урăхла каласан, çак ĕçсем валли тухакан расход виçĕ хут ытла ӳснĕ.

Производствăна тата тавар çаврăнăшне ӳстерес ĕçре кредит системи пысăк вырăн йышăнса тăнă. Çак система урлă государство планĕсем тăрăх халăх хуçалăхне укçа-тенкĕ питĕ нумай уйăрса панă. СССР государство банкĕ хуçалăха кивçен укçа парса тăрасси 1952 çул вĕçне 203 миллиард тенке çитнĕ. Ку вăл вăрçăченхи 1940 çулхипе танлаштарсан 3,7 хут ытла пулать.

Халăх хуçалăх планĕсемпе бюджета ăнăçлăн пурнăçлани çакăн çинчен калать: Совет Союзĕ хăйĕн социализмла экономикине хăватлăн вăйлатас, халăхăн материальнăй пурнăçĕпе культурăлла шайне ӳстерес çулпа шанчăклăн малалла пырать.

### ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ

Депутат юлташсем! Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх планра мирлĕ ĕçсен анлă малашлăхне уçса панă тата коммунизм строительствинче çĕнĕ çитĕнӳсем тума палăртнă. Совет халăхĕ хуçалăхпа культура строительствин пысăк программине пурнăçлать. 1953 çулта пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тăрăх халăхăн материальнăй пурнăçĕпе культурăлла шайне малалла ӳстерме, малта пыракан совет наукипе техникин çитĕнĕвĕсене ĕçе кĕртнĕ никĕс çинче социализмла производствăн мĕнпур отраслĕсене ӳстерме палăртнă.

Бюджетра правительство туса ирттерекен пысăк ĕçсене палăртнă, вĕсем çаксем пулаççĕ: куллен кирлĕ таварсен ваккăн сутмалли государственнăй хакĕсене кăçалхи çул вăрçă хыççăнхи çулсенче нихçанхинчен те ытларах йӳнетни тата çак таварсене туса кăларассине чылай ӳстересси; ялхуçалăхне тата хăвăртрах аталантармалла тăвас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем ирттересси, халăх валли ялхуçалăх продукчĕсем, промышленность валли чĕр-тавар тăратассине ӳстересси, колхозсемпе колхозниксене экономика енĕпе интереслентересси, çавăн пекех тата хресченсем çине налог чылай сахалтарах хумалла тăвасси тата ялхуçалăх налогĕ хумалли йĕркене улăштарасси; халăх хушшинче саракан государство заемĕн суммине икĕ хут ытла чакарни.

ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ капитальнăй пысăк строительствăна, промышленноçа, ялхуçалăхне, транспорта, халăха вĕрентес ĕçе, наукăна, сывлăх ĕçне, социальнăй обеспечени ĕçне малалла аталантарма кирлĕ чухлĕ укçа-тенкĕ уйăрса пама май парать.

СССР Министрĕсен Совечĕ ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджетне çакăн чухлĕ çирĕплетме тăратать: тупăшсем енĕпе—543,3 миллиард тенкĕлĕх, расходсем енĕпе—530,5 миллиард тенкĕлĕх. Тупăшсем расходсенчен 12,8 миллиард тенкĕлĕх ытларах пулмалла.

ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджетĕнче 1953 çулхи апрелĕн 1-мĕшĕнчен тытăнса апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен ваккăн сутмалли государственнăй хакĕсене йӳнетес ĕç валли 43,2 миллиард тенкĕ палăртнă. Çакă вăл халăха çулталăк хушшинче 46 миллиард тенкĕлĕх ытла усă курма май парать.

### Бюджетри укçа-тенкĕ мĕнле ĕçе каfive

ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕн расхочĕсем, 1952 çулхипе танлаштарсан, 70,3 миллиард тенкĕлĕх е 15,3 процент ӳсеççĕ.

ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджетĕнчен халăх хуçалăхне 192,5 миллиард тенкĕ, социальнăй тата культурăлла ĕçсене 129,8 миллиард тенкĕ, оборона ĕçне 110,2 миллиард тенкĕ, управлени ĕçне 14,3 миллиард тенкĕ каять. Çак цифрăсенчен акă мĕн курăнать: бюджетри расходсенчен пысăк пайне халăх хуçалăхĕ валли, социальнăй тата культурăлла ыйтусем валли уйăрса пама палăртнă. Çакăн пек тума социализмла строй условийĕсенче кăна пулать. Социализмла стройăн тĕллевĕ вăл—пĕтĕм обществăн ӳссе пыракан материальнăй тата культурăлла ыйтăвĕсене тивĕçтерессипулать.

1953 çулта халăх хуçалăхне яма палăртнă расходсем иртнĕ çулхипе танлаштарсан 13,7 миллиард тенкĕлĕх е 7,7 процент чухлĕ ӳсеççĕ. Кăçал халăх хуçалăхне аталантарма уйăрса паракан укçаран, промышленность предприятийĕсен хăйсен укçисĕр пуçне, промышленность валли, чи малтан—халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсем вĕçĕмсĕр ӳссе пымалли никĕс пулса тăракан йывăр промышленность валли 82,6 миллиард тенкĕ уйăрса пама палăртнă. Çак укçа-тенкĕрен пысăк пайĕ промышленность предприятийĕсем туса лартма, промышленноçа [illegible] çĕнĕ машинăсемпе тата механизмсемпе хĕçпăшаллантарма каять. Халăх валли куллен кирлĕ таварсем туса кăларакан промышленноçа малалла чылай аталантарма та бюджетран укçа-тенкĕ нумай уйăрса параççĕ.

Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев ĕçĕсене аталантарас енĕпе кирлĕ ĕçсем туса ирттерме, вĕсен хăйсен укçи-тенкисĕр пуçне, 1953 çулхи бюджетран 39,9 миллиард тенкĕ уйăрса параççĕ. Çак укçа-тенкĕрен пысăк пайне кăçал выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме, пахча çимĕç лартса тăвас ĕçе малалла аталантарма, МТС-семпе совхозсене çĕнĕ тракторсем, комбайнсем тата ытти вĕрсĕнĕ техника парса ытларах пуянлатма уйăрса пама палăртнă. Çакă вăл социализмла çĕрĕçне çĕнĕ хăватпа çĕклеме, пысăк тухăçлă тырпул туса илме, выльăх-чĕрлĕх тухăçне ӳстерме май парать.

Ялхуçалăхĕ енĕпе туса ирттерекен ĕçсем валли çĕнĕрен тухакан расходсем кăçалхи çулăн бюджетĕнче 13,6 миллиард тенке çитеççĕ.

Государство бюджечĕн цифрисенче партипе правительство халăх ырлăхĕшĕн, унăн материальнăй пурнăçне лайăхлатассишĕн тата культурăлла шайне ӳстерессишĕн ялан тăрăшни курăнса тăрать. Çакăн çинчен бюджетран халăха вĕрентес, сывлăха сыхлас, социальнăй обеспечени тата страховани ĕçĕсем валли уйăрса паракан расходсем ӳссе пыни калать. Çак ĕçсем валли ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджетĕнчен 129,8 миллиард тенкĕ укçа уйăрса пама пăхса хунă. 1952 çулхипе танлаштарсан, ку расходсем 7,0 миллиард тенкĕлĕх е 5,7 процент чухлĕ ӳсеççĕ. 1953 çулта бюджетран социальнăй тата культурăлла ĕçсем валли уйăракан укçа-тенкĕрен 62,1 миллиард тенкĕ халăха вĕрентес ĕçе, 24,8 миллиард тенкĕ—сывлăхпа физкультура ĕçне, 42,9 миллиард тенкĕ—социальнăй обеспеченипе социальнăй страховани ĕçне, çавăн пекех тата нумай ачаллă амăшĕсемпе пĕччен ача амăшĕсене государство пособийĕ пама каять.

Совет правительстви халăха вĕрентес ĕç валли бюджетран укçа нумай уйăрса пама палăртать. Халăха вĕрентес ĕç валли уйăрнă расходсем пуçламăш, çичĕ çул вĕренмелли тата вăтам шкулсене, пурне те вĕрентес ĕçе, техникумсене, аслă шкулсене, наукăна тĕпчев институчĕсене тытса тăма тата халăха вĕрентес тĕлĕшпе сыхăнса тăракан ытти ĕçсене тума каяççĕ.

Пурне те вĕрентмелли шкулсем валли 22,4 миллиард тенкĕ укçа уйăрса пама палăртнă. Ку шута правительство пилĕк çуллăх вĕçленнĕ тĕле республикăсен столицисенче, республикăсене пăхăнса тăракан хулисенче, область, край центрĕсенче тата шултра промышленноçлă центрсенче çичĕ çул вĕрентессинчен пурне те вăтам пĕлӳ парас ĕçе куçса çитес тĕлĕшпе туса ирттерекен ĕçсем валли паракан укçа та кĕрет. Пуçламăш, çичĕ çул вĕренмелли тата вăтам шкулсенче вĕренекенсен шучĕ 1953 çулта 900 пин çын чухлĕ ӳсет. Вăтам шкултан (10 çул) вĕренсе тухакансен шучĕ 1953 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут ӳсет. Аслă шкулсенче вĕренекенсен шучĕ 1953 çулта 1.527 пин çынна, техникумсенче вĕренекенсен шучĕ 1.548 пин çынна çитет.

Сывлăх учрежденийĕсен шучĕ тата вĕсене тытса тăрас расходсем ӳснине кура, 1953 çулхи бюджетра сывлăх учрежденийĕсем валли расход ытларах кăларма палăртнă. Халăх сывлăхне сыхлас ĕçе малалла лайăхлатас, больницăсене, поликлиникăсене тата ытти медицина учрежденийĕсене оборудовани, тумтир, хуçалăх инвентарĕ лайăхрах парса тăмалла тăвас тесе, бюджетран çĕнĕрен 1.363 миллион тенкĕ укçа хушса пама палăртнă. Вăл шутран: чирлисене паракан апат нормине ӳстерме 526 миллион тенкĕ, медикаментсем туянма—221 миллион тенкĕ, больницăсем валли çĕнĕрен хушса кĕпе-йĕм туянма—277 миллион тенкĕ, медицинăпа хуçалăх инвентарĕсем туянма—240 миллион тенкĕ тата сывлăх учрежденийĕсене тĕпрен юсама—100 миллион тенке яхăн памалла.

Халăхăн çурт-йĕр условийĕсене лайăхлатас задача лартса, Правительство 1953 çулхи бюджет тăрăх государствăн çурт-йĕр строительствине ӳстерме иртнĕ çулхинчен 25 процент ытларах укçа уйăрса пама пăхса хунă.

СССР Министрĕсен Совечĕ министерствăсене çĕнĕлле йĕркеленĕ май тата государство расхочĕсене чакарас тĕлĕшпе туса ирттернĕ ытти ĕçсене май, 1953 çулхи бюджетра государство аппаратне тытса тăмалли расходсене 1952 çул валли çирĕплетнĕ бюджетпа танлаштарсан 6,5 миллиард тенкĕлĕх чакармалла тунă.

Çакна калас пулать: управлени ĕçне тухакан расходсене чакарма кирлĕ пур пек майсемпе пурнипе те усă курса çитереймен-ха: Хатĕрлев, сбыт, снабжени тата ытти нумай организацисен управлени аппаратĕнче çаплах ытлашши расходсем нумай. Министерствăсемпе финанс органĕсен управлени аппарачĕн ĕçне организацилесси çине халичченхинчен тимлĕрех пăхмалла, управлени аппарачĕн ĕçне лайăхрах организацилемелле, ытлашши сыпăксене (вырăнсене) пĕтермелле, çапла вара вĕсене тытса тăмалли расходсене те чакармалла.

Совет Союзĕ, мир тата халăхсем хушшинчи туслăх политикине çирĕппĕн тытса пырса, мир тăшманĕсем енчен çĕнĕ агресси хăратса тăнине шута илсе, хамăрăн Тăван çĕршывăн хăрушсăрлăхне çирĕплетме кирлĕ мерăсем йышăнать.

ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ тăрăх оборона ĕçĕсем валли 110,2 миллиард тенкĕ укçа уйăрса пама палăртни—пирĕн чаплă Хĕçпăшаллă Вăйсене малалла лайăхлатса пыма, Совет Союзĕн оборона пултарулăхне тата ытларах тĕреклетме май парать. (Алă çупаççĕ).

### Бюджет тупăшĕсем

Бюджета кĕрекен тупăшсем 1953 çулхи халăх хуçалăхĕн планĕпе тата бюджечĕпе палăртнă хуçалăхпа культура строительствин пысăк программине пурнăçлама кирлĕ чухлĕ укçа-тенкĕ парса тăма май параççĕ.

ССР Союзĕн 1953 çулхи государство бюджечĕ, 1952 çулхипе танлаштарсан, социализмла хуçалăхран илекен тупăшсене малалла ӳстерме, çав вăхăтрах халăхран укçа-тенкĕ пухассине пĕчĕклетме палăртать. Бюджетри тупăшсенче государствăпа кооператив предприятийĕсемпе организацисенчен оборотран илекен налогсене 240,4 миллиард тенкĕлĕх, усламран илекен отчисленисене—80,6 миллиард тенкĕлĕх палăртнă.

Социализмла хуçалăхран илекен тупăшсем ӳсни промышленноçпа ялхуçалăхĕ продукци туса кăларасси ӳснипе, тавар çаврăнăшĕ анлăланса пынипе, производствăн хăйне ларакан хакне йӳнетнипе тата производство тупăшлăхĕ ӳснипе пулса пырать. Государство предприятийĕсемпе организацийĕсен усламĕнчен уйăрса илекен укçа тупăшсен пигĕ паха çăлкуçĕ пулса тăрать, çав укçана уйăрса илессине чылай ытларах ӳстерме палăртнă. Усламран уйăрса илесси 1953 çулта 22,2 миллиард тенкĕ чухлĕ е 37,9 процент ӳсет. Государство предприятийĕсемпе организацисем паракан пĕтĕм тупăш 111,5 миллиард тенкĕ пулать.

1953 çулхи бюджета тупăшсем енĕпе ăнăçлăн пурнăçлас тесен, хуçалăх организацийĕсен руководителĕсен государство умĕнчи финанс тĕлĕшĕнчи обязательствăсене вăхăтра тата пĕтĕмĕшпех пурнăçласси çине тимлĕрех пăхни кирлĕ. Кашни предприятин пысăк пахалăхлă продукци туса кăлармалли государство планне пĕтĕмпех тата палăртнă ассортимент енĕпе те тултармалла, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелли задание пĕр пăркаланмасăр пурнăçламалла, хуçалăх расчетне пур майсемпе те çирĕплетсе пымалла, материальнăй майсемпе тата укçа-тенкĕпе усă курас ĕçре перекетлĕх режимне çирĕп тытса пымалла.

Халăха сырăнтарнипе саракан государство заемĕсенчен пухăнакан тупăшсем 1953 çулхи бюджетра, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, 19,6 миллиард тенкĕлĕх сахалланаççĕ, заем укçине 16,7 миллиард тенкĕлĕх пухма палăртнă. Кăçал выляса илнĕ облигацисем тата облигаци укçи тӳлемелли вылявсем тăрăх халăха 9,8 миллиард тенкĕ тӳлемелле, урăхла каласан, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, 3 миллиард тенкĕ ытларах тӳлемелле.

Ĕçсыннисен пурнăçĕ малалла лайăхланнă май, перекет кассисене хуракан укçана 10 миллиард тенкĕлĕх ӳстерме палăртнă. Перекет кассисенче упранакан укçа шучĕ 1953 çул вĕçленнĕ тĕле 36 миллиард тенкĕ пулать, е вăрçăченхинчен 5 хута яхăн ытларах пулать.

Халăхран пухакан государство налогĕ 1953 çулхи бюджетра 46,1 миллиард тенкĕлĕх пулмалла.

### Ялхуçалăх налогĕ

Бюджет проекчĕпе пĕрлех Правительство СССР Верховнăй Советĕнче пăхса тухма колхозниксенчен тата ялхуçалăхĕнче ĕçлесе пурăнакан ытти халăхран пухакан ялхуçалăх налогĕн çĕнĕ Законĕн проектне тăратать. Çĕнĕ закон проектĕнче çак налога чылай пĕчĕклетме палăртнă. 1953 çулта налог укçи 4.137 миллион тенкĕ чухлĕ, е 43 процент чакать, çитес 1954 çулта вара 1952 çулхипе танлаштарсан, 2,5 хут ытла чакать.

Налога çавăн чухлĕ чакарма палăртса, çакна шута илнĕ: апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен ваккăн сутакан государственнăй хакĕсене йӳнетнипе колхоз пасарĕсенче хаксем чылай йӳнелчĕç, çавна май хăшпĕр ялхуçалăх культурисенчен тупăш шутласа илмелли норма хаксемпе шайлашми пулчĕ.

Çĕнĕ Закон проекчĕ граждансене ялхуçалăх налогĕ хумалли йĕркене тĕпрен улăштарма палăртать. Хальхи вăхăтра çак налога хунă чухне колхозниксемпе ытти çынсем ялхуçалăхĕн кашни культуринчен, сад пахчинчен, виноградран, выльăх-чĕрлĕхрен, пыл хурчĕсенчен, пурçăн хурчĕсем ĕрчетнинчен илекен тата ялхуçалăхĕнчен ытти майпа илекен тупăша шута илеççĕ. Çаксем вĕсем тупăша шута илес тата налог хурас ĕçре пысăк йывăрлăхсем туса хураççĕ, ялхуçалăхне малалла аталантарассине чăрмантараççĕ, çавăн пекех ялхуçалăх налогĕ енĕпе ĕçлекен финанс аппаратне усрама ытлашши укçа-тенкĕ расходлассипатне илсе пыраççĕ.

Çĕнĕ Закон проекчĕпе колхозниксене тата ялхуçалăхĕнче ĕçлесе пурăнакан ытти халăха налог хурассине гектарăн çĕр пайĕнчен пĕр пайĕ тăрăх çирĕп виçепе тума палăртнă, кунта колхозник хăй усă куракан çĕр участокĕ çинче мĕнле ялхуçалăх культури акнине шута илмеççĕ. Сад пахчинчен, виноградран, çавăн пекех колхозникăн тата ялта пурăнакан ытти çынсен харпăр хăйĕн харпăрлăхĕ пулса тăракан выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăша уйрăммăн шута илмелле пулмасть.

Ялхуçалăх налогĕ хумалли çакăн пек йĕрке колхозниксен харпăр хăйĕн харпăрлăхĕ пулса тăракан выльăх-чĕрлĕх йышне ӳстерме май парать, кил çумĕнчи участоксемпе вĕсемшĕн хăйсемшĕн тата государствăшăн хаклăрах та усăллăрах ялхуçалăх культурисем акса тăвас ĕçре усă курасси патне илсе пырать.

Çӳлерех каларăмăр ĕнтĕ, ялхуçалăх налогне çирĕп виçе тăрăх пухмалла пулать. Гектарăн çĕр пайĕнчен пĕр пайĕ тăрăх налог пухмалли виçе крайсемшĕн, облаçсемшĕн тата республикăсемшĕн çакăн чухлĕ пулать (тенкĕпе): РСФСР—3-рен пуçласа 14 çити, вăтам шутпа 8,5; Украина ССР-ĕ: хĕвелтухăçĕнчи облаçсем 5-рен пуçласа 12 çити, вăтам шутпа 8,5; хĕвеланăçĕнчи облаçсем—2-рен пуçласа 6 çити, вăтам шутпа 4; Белорус ССР-ĕ: хĕвелтухăçĕнчи облаçсем — 3-рен пуçласа 9 çити, вăтам шутпа 6; хĕвеланăçĕнчи облаçсем — 2-рен пуçласа 5 çити, вăтам шутпа 3; Узбек ССР-ĕ: шăваракан çĕрсем тăрăх—22, шăварман çĕрсем тăрăх—8; Казах ССР-ĕ: 4-ран пуçласа 13 çити, вăтам шутпа 8; Грузин ССР-ĕ—4-ран пуçласа 25 çити, вăтам шутпа 13; Азербайджан ССР-ĕ—6-ран пуçласа 18 çити, вăтам шутпа 12; Литва ССР-ĕ—3; Молдаван ССР-ĕ—сулахай енчи районсем—8, сылтăм енчи районсем—4; Латви ССР-ĕ—4; Киргиз ССР-ĕ—4-ран пуçласа 13 çити, вăтам шутпа 9; Таджик ССР-ĕ: шăваракан çĕрсем—22, шăварман çĕрсем — 8, Армян ССР-ĕ—13, Туркмен ССР-ĕ: шăваракан çĕрсем—20, шăварман çĕрсем — 8; Эстони ССР-ĕ—4; Карело-Финн ССР-ĕ—5.

Облаçсене пайланса тăракан союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсене Закон проектĕнче налог пухмалли виçене уйрăм автономиллĕ республикăсемшĕн, крайсемпе облаçсемшĕн палăртса хума право панă, çӳлерех палăртса панă виçене тата экономикăлла уйрăмлăхсене шута илсе, вĕсем налога ӳстерме е чакарма пултараççĕ.

Унсăр пуçне, Закон проектĕнче облаçсене пайланса тăман союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, çавăн пекех автономиллĕ республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, ĕçсынни депутачĕсен крайсемпе облаçсенчи исполнительнăй комитечĕсене, налог хумалли тĕп виçене шута илсе, уйрăм районсемшĕн, кирлĕ пулсан уйрăм ялсемшĕн те налог виçи палăртма ирĕк панă, ун пек чухне те вĕсен экономикăлла уйрăмлăхĕсене шута илес пулать.

Халĕ ĕнесĕр пурăнакан колхозниксем пуррине шута илсе, çĕнĕ закон проекчĕпе çавăн пек колхозниксем çинче налог хумалли суммăна 1953 çулта 50 процент, 1954 çулта 30 процент чакарма палăртнă, çавна вĕсем çав вăхăтра ĕнесем туянма пултарччăр тесе тунă.

Проект тăрăх, колхозниксемпе единоличниксене, вĕсем: арçынсем 60 çулта е ватăрах, хĕрарăмсем—55 çулта е ватăрах пулсан тата вĕсен çемйинче ĕçлеме пултаракансем çук пулсан, налогран хăтараççĕ. Ялсенчи интеллигенцие: врачсене, учительсене, агрономсене тата ыттисене налог хурассинчен хăтараççĕ. Çемье членĕсенчен промышленноçăн çĕр кăмрăк, сăрт-ту, вăрман тата ытти отраслĕсенче ĕçлекенсем пулсан, çавнашкал хуçалăхсене налогран хăтараççĕ. Законра çар çыннисен çемйисене тата Отечественнăй вăрçă инвалидĕсемпе вĕсен çемйисене чылай льготăсем пама палăртнă.

Правительство çавăн пекех иртнĕ çулсенче ялхуçалăх налогĕпе пулнă парăмсене пурне те пăрахăçа кăларма йышăнчĕ.

Колхозсенче ĕçе организацилессине лайăхлатас тата колхозниксен ĕç дисциплинине çирĕплетес тĕллевпе Закон проекчĕпе колхозниксен хуçалăхĕсене, вĕсен уйрăм членĕсем çулталăк хушшинче кăтартса панă ĕçкунĕсен минимумне тултарман пулсан, налог 50 процент ытларах тӳлеттерме палăртнă. (Алă çупаççĕ).

Çĕнĕ ялхуçалăх налогĕ колхозсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетме, ялхуçалăхне малалла аталантарма, колхозниксен тупăшне ӳстерме май парать. Налогсем тата ытти тӳлевсем тӳлемелли законпа палăртнă срокĕсене пурте çирĕп пăхăнса пыни социализмла хуçалăхран тата халăхран бюджетпа палăртнă тупăша пĕтĕмпех пухса çитермелли кирлĕ условие пулса тăрать.

### Союзлă республикăсен бюджечĕсем

Совет государстви, ленинла-сталинла наци политикине пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пырса, союзлă тата автономиллĕ республикăсен хуçалăхĕпе халăхсен культурине аталантарасси çине яланах тимлĕн пăхать. Çакă вăл республикăсен бюджечĕсенчен те уççăн курăнать, вĕсен тупăшĕсемпе расхочĕсем çултан-çул тăтăшах ӳссе пыраççĕ.

СССР Государство бюджетĕнче союзлă республикăсен бюджечĕсем 102,6 миллиард тенкĕ пулмалла тума палăртса хунă, вăл шутра республика бюджечĕ енĕпе—31,2 миллиард тенкĕ, вырăнти бюджетсем енĕпе—71,4 миллиард тенкĕ. 1952 çулхипе танлаштарсан, республикăсен бюджечĕсем 4,8 миллиард тенкĕ чухлĕ, е 4,9 процент ӳсеççĕ.

Союзлă республикăсен государство бюджечĕсене çакăн чухлĕ палăртнă: РСФСР-ăн—57.552 миллион тенкĕ, Украина ССР-ĕн—17.953 миллион тенкĕ, Белорус ССР-ĕн—3.929 миллион тенкĕ, Узбек ССР-ĕн—3.363 миллион тенкĕ, Казах ССР-ĕн—4.339 миллион тенкĕ, Грузин ССР-ĕн—2.693 миллион тенкĕ, Азербайджан ССР-ĕн—2.004 миллион тенкĕ, Литва ССР-ĕн—1.511 миллион тенкĕ, Молдаван ССР-ĕн—1.269 миллион тенкĕ, Латви ССР-ĕн—1.541 миллион тенкĕ, Киргиз ССР-ĕн—1.126 миллион тенкĕ, Таджик ССР-ĕн—1.103 миллион тенкĕ, Армян ССР-ĕн—1.209 тенкĕ, Туркмен ССР-ĕн—1.060 миллион тенкĕ, Эстони ССР-ĕн—1.101 миллион тенкĕ, Карело-Финн ССР-ĕн—892 миллион тенкĕ.

Çак цифрăсем союзлă республикăсенче хуçалăхпа культура строительстви анлăн пулса пыни çинчен каласçĕ. Республикăсенчи тата вырăнти органсен задачи хăйсен бюджетĕнче палăртнă укçа-тенке пĕтĕмпех пухса çитересси тата унпа тĕрĕс те перекетлĕн усă курасси пулать.

Çапах та, калас пулать, çак ыйтусем çине чылай республикăсенче кирлĕ пек пăхмаççĕ-ха. Республикăсенчи бюджета тата вырăнти бюджета государство тупăшĕсемпе налогсен чылай пысăк пайне параççĕ, апла пулин те, хăшпĕр республикăсемпе облаçсенче вĕсемпе вăхăтра тата пĕтĕмĕшпех усă курмаççĕ. Государство тупăшĕсемпе налогсем пухассине - Киргиз республикинчи Джалал-Абад облаçĕнче, Курск тата ытти облаçсенче çителĕксĕр йĕркеленĕ. Казах республикинчи Актюбинск облаçĕнче, Таджик республикинчи Ленинабад облаçĕнче, çавăн пекех Смоленскпа Калуга облаçĕсенче нумай учрежденисемпе организацисенче финанс дисциплинине хытă пăснă тата укçа-тенкĕпе кирлĕ пек усă курман.

Союзлă тата автономиллĕ республикăсен Министрĕсен Совечĕсем тата ĕçсынни депутачĕсен Совечĕсен исполнительнăй комитечĕсем предприятисемпе организацисенче хуçалăхпа финанс ĕçĕсене йĕркелес ыйтусем çине тимлĕрех пăхма тивĕç, финанс органĕсене бюджета пурнăçлас ĕçре, хуçалăх планĕсене мĕнле пурнăçланине тата перекетлĕх режимне мĕнле пăхăнса тăнине тĕрĕслес ĕçсенче куллен пулăшма тивĕç. Финанс органĕсен бюджета государство тупăшĕсемпе халăх тӳлекен укçа-тенке вăхăтра тата пĕтĕмпех парса тăрас тĕлĕшпе хăйсен ĕçĕсене лайăхлатмалла, мĕнпур предприятисемпе организацисене бюджет умĕнчи хăйсен обязательствине пурнăçлас тĕлĕшпе, материальнăй тата финанс ресурсĕсемпе усă курас тĕлĕшпе государство дисциплинине çирĕп пăхăнса пыма хушмалла.

Союзлă республикăсенче хуçалăхпа финанс ĕçĕсене лайăхлатни хуçалăхпа культура строительствин кăçаллăха палăртнă планĕсене пурнăçлама май парĕ.

### Накоплени тумалли хуçалăхри çăлкуççене туллинрех мобилизацилемелле, перекетлĕх режимне вăйлатмалла

Депутат юлташсем!

ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджетне çакна шута илсе тунă: социализмла накоплени малалла ӳстерме хуçалăхри çăлкуççене мобилизацилес тата хуçалăх ĕçĕн мĕнпур пысăк тата пĕчĕк участокĕсенче перекетлĕх режимне çирĕппĕн тытса пырас задачăсене шута илсе тунă.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче производствăна пĕрмай аслăлатса пынипе, ĕç тухăçлăхне ӳстернипе, материалсемпе тата укçа-тенкĕпе перекетлĕн усă курнипе продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетес, предприятисемпе хуçалăх отраслĕсен тупăшлăхне ӳстерес тĕлĕшре чылай пысăк çитĕнӳсем тунă. Çакă вăл накоплени нумайлатма, ĕçсыннисен материальнăй пурнăçне лайăхлатма тата культурăлла шайне ӳстерме май панă.

Хуçалăхпа культура строительствин программине ăнăçлăн пурнăçлама тата ун валли вăхăтра кирлĕ чухлĕ укçа-тенкĕ парса тăма малашне те хуçалăх расчетне тĕреклетессишĕн, перекетлĕх режимне халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче çирĕп тытса пырассишĕн, накоплени тумалли хуçалăхри çăлкуççене мобилизацилессишĕн çине тăрса кĕрешмелле.

Перекетлĕх режимне çирĕппĕн тытса пырассишĕн кĕрешесси хальхи вăхăтра, пирĕн çĕршывра халăх хуçалăхĕ çĕнĕрен хăватлăн çĕкленнĕ тата куллен кирлĕ массăлла таварсен хакĕ тăтăшах йӳнелсе пынă вăхăтра, уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ пулса тăрать.

Перекетлĕх режимне тытса пыни производство тупăшлăхне ӳстерессинче, накоплени тумалли хуçалăхри çăлкуççене мобилизацилессинче, государство бюджетне ăнăçлă пурнăçлассинче пысăк вырăн йышăнса тăрать. Перекетлĕхе вăйлатни бюджет тупăшĕсене ӳстерме, укçа-тенкĕпе вырăнлă усă курма тата предприятисемпе организацисен финансĕсене тĕреклетме пулăшать.

Промышленность продукцийĕн хăйне ларакан хакне 1953 çулта 6,1 процент, строительствăпа монтаж ĕçĕсен хакне 3,2 процент чакарма палăртнă. МТС-сенчи трактор ĕçĕсен хăйне ларакан хакĕпе чугун çул тăрăх турттармалли хака та чылай йӳнетмелле. Çак задачăсене производствăна организацилессине лайăхлатнипе, ĕç тухăçлăхне ӳстернипе, материальнăй хаклăхпа тирпейлĕн усă курнипе, çавăн пекех транспорт расхочĕсемпе накладной расходсене тата ытлашши тăкаксене пур майсемпе те чакарнипе пурнăçламалла.

Çакна палăртас пулать: предприятисен пысăк пайĕ продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетес тĕлĕшпе панă заданисене тултарать, производствăн тупăшлăхне ӳстерет, тупăшсем пухмалли тата бюджета укçа хывмалли планĕсене тултарать.

(Юлашки 3-мĕш страницăра).

## СССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔН ЛАРĂВĔСЕМ

# ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен тата ССР Союзĕн 1951 çулхипе 1952 çулхи бюджечĕсене пурнăçлани çинчен

## *СССР Финанс министрĕ А. Г. ЗВЕРЕВ тунă доклад*

(Юлашки. Пуçламăшĕ 2-мĕш страницăра).

Иртнĕ çул, 1951 çулхипе танлаштарсан, промышленноçра пĕр единица продукци кăларма чĕртавар, материалсем, топливо тата электроэнерги расходлассине чакарнă, оборудованипе усă курасси лайăхланнă.

Анчах та хăшпĕр министерствăсем иртнĕ çул накоплени тумалли плана тата хăйсен бюджет умĕнчи обязательствисене туллин пурнăçлайман. Пуринчен ытларах накоплени тумалли плана 1952 çулта вăрманпа хут промышленность, çĕр кăмрăк промышленность, çăмăл тата апатçимĕç промышленность министерствисем, транспортпа йывăр машиностроени министерстви тултарайман, вĕсем планран ирттерсе убыток тунă.

Тĕслĕхрен, СССР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерстви тăрăх услам илмелли плана 1,6 миллиард тенкĕлĕх тултарман. Кунсăр пуçне çак министерство ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрленĕ, сыхласа усранă тата сутнă чухне накладной расходсене чакармалли задание 280 миллион тенкĕ чухлĕ ытла тултарайман. Пулă промышленноçĕнче услам илмелли плана пĕтĕм предприятисенчен виçĕ пайран икĕ пайĕ таран тултарайман.

Тупăшсем енĕпе пĕтĕмĕшпе илсен плансене тултаракан ытти министерствăсен шутĕнчех продукцин хăйне лараракан хакне йӳнетмелли плана тултарайман тата пысăк тăкаксем тăвакан предприятисем сахал мар.

Правительство, уйрăм министерствăсен 1952 çулхи хуçалăхпа финанс ĕçĕсене пăхса тухнă май, министерствăсене планпа финанс дисциплинине пăсса ĕçленине пĕтерме, мĕнпур предприятисемпе организацисем производствăпа финанс планĕсене тултарнине çирĕппĕн тĕрĕслесе тăма тата вĕсен ĕçĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе конкретлă мерăсем йышăнма хушрĕ.

Çак задачăсене пурнăçлама кирлĕ условин вăл—предприятисемпе министерствăсенче производствăпа финанс ĕçне планласине лайăхлатни тата малта пыракан заводсен ĕç нормине, вĕсем материалсем мĕн чухлĕ кăларнине, топливо тата электроэнерги мĕн чухлĕ пĕтернине шута илсе, продукцин хăйне ларакан хакĕ енĕпе плансем туса пани пулса тăрать.

Продукци туса кăларассине ӳстерме тата накоплениесене ӳстерме промышленность оборудованийĕпе туллин усă курни кирлĕ. Çакна калас пулать: производствăн хăшпĕр отраслĕсенче оборудованипе усă курма çирĕплетсе панă нормăсене çаплах тултармаççĕ. Сăмахран, Тимĕр-тăмăр промышленность министерствин нумай завочĕсем 1952 çулта домна кăмакисемпе тата мартен кăмакисемпе усă курмалли нормăсене тултарман. Машинăсемпе тата оборудованипе усă курас ĕçре çĕр кăмрăк промышленноçĕнче те пысăк çитменлĕхсем пур. Çакă вăл ĕç тухăçлăхне ӳстермелли тата продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелли заданисене тултараймани патне илсе пырать.

Нумай предприятисенче чĕрттаварсемпе материалсене ытлашши расходланине, браксем тунине, хуçасăрлăхла тата ытти вырăнсăр расходсем тунине пула пысăк сухатусем пулаççĕ.

Министерствăсен, предприятисен тата организацисен руководителĕсен малта пыракан техникăпа производствăн прогрессивлă технологине малалла ĕçе кĕртсе пымалла, çĕнĕ йышши паха материалсемпе анлăн усă курмалла, продукци пахалăхне лайăхлатмалла, браксене тата производствăри тăкаксене татăклăн пĕтерсе пымалла, материальнăй хаклăхсене пур майсемпе те перекетлеме тăрăшмалла.

Строительство организацийĕсенче перекетлĕх режимне чылай вăйлатни кирлĕ. Пысăк тухăçлă машинăсемпе усă курсан, вĕсен ĕçе лайăх организацилеме, строительство материалĕсем валли тухакан тăкаксене чакарма, накладной расходсене чакарма пысăк майсем пур.

1953 çулта капитальнăй ĕçсем, строительствăри оборотнăй укçа-тенкĕ ӳссе пынине те шутласа, 156,1 миллиард тенкĕлĕх пулмалла. Çак ĕçсем валли бюджетран 106,7 миллиард тенкĕ уйăрса параççĕ. Строительствăна кирлĕ ытти укçа-тенкĕне услемсенчен, амортизаци шучĕпе уйăрса хунă укçаран тата хуçалăхсен ытти ресурсĕсенчен илмелле. Куртăмăн сутмалли таварсен хакне тата тарифсене йӳнетнипе, строительствăпа монтаж ĕçĕсене йӳнетнипе 15,5 миллиард тенкĕлĕх перекетлĕх пулмалла.

1953 çулта тума палăртнă строительство ĕçĕсен панне тултарас тесен, строительство организацийĕсенчи пысăк çитменлĕхсене пĕтерни кирлĕ, мĕншĕн тесен çак çитменлĕхсем строительство ĕçĕсен хакне чылай ӳстереççĕ тата строительство ĕçĕсене вĕçлемелли сроксене вăраха яраççĕ.

1952 çулта нумай строительство организацийĕсем строительствăн хăйне ларакан хакне йӳнетме панă задание тултарайман. Тĕслĕхрен, Строительство министерствин чылай организацийĕсем, ĕç вăйĕпе, машинăсемпе тата механизмсемпе усă курас ĕçре пысăк çитменлĕхсем пулнă пирки, çавăн пекех тата ытти сăлтавсене пула строительствăпа монтаж ĕçĕсене ытлашши хаклантарса янă. Çак министерство тăрăх 1952 çулта планпа 1 миллиард та 25 миллион тенкĕ услам илмелле пулнă пулсан, строительствăпа монтаж ĕçĕсенче сметăпа пăхнинчен 725 миллион тенкĕ ытлашши расход тунă. Çĕр кăмрăк промышленноçĕпе Çул-йĕр министерствисен строительство организацийĕсем те çавăн пекех пысăк убыток тунă.

Министерствăсемпе строительство организацийĕсен задачи—строительство ĕçĕсем тĕлĕшпе правительство панă плана пĕтĕмĕшпех пурнăçа кĕртмелле тăвасси тата çав ĕçсен хакне йӳнетесси пулать. Финанс органĕсен тата вăрăм сроклăха укçа паракан банксен, строительство организацийĕсене укçа-тенкĕ парса тăрас ĕçе туса пырса, строительство мĕнле пулса пынине контроль тăвассине лайăхлатмалла тата вăйлатмалла, тăкаклама кăтартса панă нормăсене тĕрĕс тытса пынине тата укçа-тенкĕне расходлас ĕçе перекетлĕн туса пынине асăрхаса тămалла.

Калас пулать, промбанк ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур-ха. Промбанкăн кантурĕсем нумайăшĕ строительство хакне йӳнетес тĕлĕшпе панă заданисене пурнăçланине çителĕклĕ контроль туса тăмаççĕ, шалти ресурссене мобилизацилессишĕн тивĕçлипе кĕрешмеççĕ, строительствăра проектпа смета дисциплинине çирĕп тытса пынине тивĕçлипе асăрхаса тăмаççĕ.

Укçа-тенкĕне перекетлемелли пысăк резервсем МТС-семпе совхозсенче пур. Пĕлтĕр МТС-сенче трактор ĕçĕсен хăйне ларакан хакне кăтартса панинчен 3,3 процент ытлашши ӳстернĕ. Тракторсене ремонт тумалли хака ытлашши ӳстернине пула, горючие ытлашши çунтарнине тата администраципе управлени расхочĕсене ытлашши кăларнине пула, çавнашкалах тата дизельнăй тракторсемпе тумалли ĕçсен планне тултарайманнине пула, бюджет укçа-тенкине 386 миллион тенкĕ ытлашши расходланă.

МТС-сем тракторсемпе тумалли ĕçсен хăйне ларакан хакне тракторсемпе усă курас ĕçе *лайăхлатни урлă, трактористсен ĕç тухăçлăхне ӳстерни тата машинăсене ремонт тăвас ĕçе каякан тăкаксене* чакарни, çавăнпа пĕрлех ремонт пахалăхне лайăхлатни урлă йӳнетме пулать.

Палăртса хунă плансене ăнăçлăн пурнăçа кĕртес тесе, юлашки вăхăтра правительство государствăна тата хуçалăха ертсе пырас ĕçе лайăхлатма кирлĕ ĕçсем туса ирттерчĕ.

Министерствăсене пысăклатни тата министрсен прависене чылай анлăлатни, государство аппаратĕн системинчи ытлашши сыпăксене пĕтерни пĕтĕм хуçалăх ĕçне ертсе пырассине лайăхлатма условисем туса пачĕ. Предприятисен ĕçне оперативлăрах тата татăклă ертсе пыма, вĕсене укçа-тенкĕ парса пулăшма тата вĕсен ĕçне контроль туса тăрассине лайăхлатма министерствăсен халĕ пур майсем те пур.

Çавна май нормировани тăвас, предприятисен ытлашши юлнă укçи-тенкине тепĕр хут валеçсе парас тата вĕсен ирĕклĕ оборотлă укçи-тенкипе вăхăтлăха усă курас, çавăнпа пĕрлех бюджетри ассигнованипе тата банк кивçен паракан укçа-тенкĕпе усă курас енĕпе министерствăсен прависене анлăлатни пысăк вырăн йышăнать. Çак мероприятисем, предприятисен ĕçне оперативлăрах тата татăклăнрах ертсе пыма майсем туса парса, предприятисен ресурсĕсемпе тĕрĕс тата тухăçлăн усă курмалла тăвас енĕпе министерствăсен ответлăхне ӳстереççĕ.

Производствăпа тавар çаврăнăшĕн планĕсем пысăкланнине пула, предприятисемпе организацисен оборотри укçисем 1953 çулта 15,1 миллиард тенкĕлĕх ӳсеççĕ, ку шутран хăйсен ресурсĕсен шучĕпе 10,8 миллиард тенкĕлĕх тата бюджет шучĕпе 4,3 миллиард тенкĕлĕх ӳсеççĕ.

Оборотри укçапа тухăçлăнрах усă курни кирлĕ, ăна кăтартса панă çĕре кăна ямалла. Министерствăсемпе управленисен предприятисен хуçалăхпа финанс ĕçне тарăнрах тĕпчесе пĕлмелле тата вĕсем панă укçа-тенкĕпе мĕнле усă курнине тĕрĕслесе тăрассине вăйлатмалла. Çак задачăсене пурнăçа кĕртес пулсан, центрта та, вырăнсенче те экономикăлла ĕçе, шут тата ревизи ĕçне лайăхлатни кирлĕ, ĕçĕн çав участокĕсене квалификациллĕ тата тĕрĕсленĕ специалистсем ярса çирĕплетмелле.

Финанс органĕсен çавнашкалах хуçалăх планĕсене пурнăçа кĕртсе пынине тата перекетлĕх режимне тытса пынине тĕрĕслесе тăрас ĕçри, пур предприятисемпе организацисем те государство умĕнчи хăйсен обязательствисене пĕтĕмпех те вăхăтра пурнăçа кĕртсе пынине, япаласемпе укçа-тенкĕне расходлас енĕпе перекетлĕх режимне çирĕп тытса пынине тĕрĕслесе тăрас ĕçри хăйсен рольне те ӳстермелле. Çакна йышăнас пулать: финанс органĕсем предприятисемпе организацисен хуçалăхпа финанс ĕçĕсене халĕ те çителĕксĕр тĕрĕслесе тăраççĕ, отраслĕсемпе предприятисен экономикине кирлĕ пек вĕренмеççĕ, государствăн финанс дисциплинине пăсакансем пирки тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ.

Финанс органĕсен çавăн пекех халăх хуçалăхĕн шалти мĕнпур ресурсĕсене мобилизацилес тĕлĕшпе те хăйсен ĕçĕсене лайăхлатмалла, хуçалăх организацийĕсем бюджета мĕн чухлĕ укçа тӳленине тĕрĕслес ĕçе вăйлатас пулать.

Ку тĕлĕшпе государство банкĕпе унăн учрежденийĕсем умĕнче пысăк задачăсем тăраççĕ, вĕсем хуçалăхри расчетсене тĕрĕслес ĕçе лайăхлатма тата хуçалăх организацийĕсем поставщиксемпе банк умĕнчи обязательствăсене вăхăтра пурнăçласа пычăр тесе татăклăн кĕрешме тивĕç.

Перекетлĕх режимне çирĕп пăхăнса пырассипе сыхăннă пур ыйтусем те пирĕн пĕтĕм хуçалăх ĕçĕсенче тĕп вырăн йышăнмалла. Кашни предприяти производствăна организацилессине татăшах лайăхлатса пыма, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетес тĕлĕшпе панă заданисене тултарма тата ирттерсе тултарма тивĕç.

Хозяйственниксем предприятисен экономикипе тата финанс ыйтăвĕсемпе ытларах интересленни государство бюджетне ăнăçлăн пурнăçлама май парĕ.

* * *

*Депутат юлташсем!*

1952 çулта халăх хуçалăхне аталантарас ĕçре совет халăхĕ чылай çитĕнусем турĕ.

ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ Совет Союзне малалла тĕреклетмелли бюджет пулса тăрать. Бюджет социализмла экономикăна çĕнĕрен хăватлăн аталантарма, совет халăхĕн материальнăй пурнăçĕпе культурине лайăхлатма май парать.

ССР Союзĕн Государство бюджетне пурнăçлас тĕлĕшпе туса ирттерекен мĕнпур ĕçсем Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем хушнă пек пулса пымалла, социализмла накопление ӳстерес ĕçре çĕнĕ чаплă çитĕнӳсем тăвас тĕлĕшпе мĕнпур майсемпе усă курмалла.

Бюджета ăнăçлăн тултарни пирĕн Тăван çĕршывăн экономикăлла вăй-хăватне малалла тĕреклетме, совет халăхĕн материальнăй пурнăçĕпе культурине пĕрмаях лайăхлатса пыма, коммунизм обществи тăвас ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тума май парĕ. **(Нумайччен алă çупаççĕ).**

## Агитаторсем бригадăсенче

Муркаш районĕнчи «Красное Сормово» колхозри пуçламăш парторганизацийĕпе унăн агитколлективĕ тырпул пухса кĕртнĕ çĕрте ĕçлекен колхозниксем хушшинче кулленех агитацилле-массăлла ĕç туса пыраççĕ. Кунта агитаторсене бригадăсем сумне çирĕплетнĕ. Агитаторсем уй-хирте тырă вырнă çĕрте, авăн çапнă çĕрте колхозниксемпе калаçусем ирттереççĕ, вĕсене çĕнĕ хаçатсем вуласа параççĕ.

Агитаторсем ĕççыннисене партипе правительство решенийĕсем çинчен, Совет Союзĕнче тата ют çĕршывсенче пулса иртекен ĕçсем çинчен ăнлантарса параççĕ. Колхозри агитаторсем колхозниксемпе колхозницăсене СССР халăх хуçалăхне 1953 çулта аталантармалли государство планне пĕррремĕш çур çулта мĕн чухлĕ тултарни çинчен СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Центральнăй Статистика Управленийĕ пĕлтернине, пирĕн республика тăванла Мордва тата Мари АССР-ĕсемпе социализмла ăмăртса ĕçлесе мĕнле ӳсĕмсем туни çинчен ăнлантарса параççĕ.

Социализмла ăмăрту мĕнле пыни çинчен «Сормовец» ятлă стена хаçачĕпе эрнере икĕ хут тухса тăракан боевой листоксем çинче те тăтăшах кăтартса параççĕ. Çак хаçатсем çинчех уй-хир ĕçĕсенче малта пыракансен опычĕсем çинчен çыраççĕ. Стена хаçачĕпе боевой листоксене агитаторсем бригадăсенче колхозниксене вуласа параççĕ.

Колхоз малтанхи кунсенчех авăн çапса государствăна тырă леçме тытăннă. Çак кунсенче хатĕрлев пунктне 25 тонна ытла çĕнĕ тырă леçнĕ. Хатĕрлев пунктне тырă турттарас тĕлĕшпе ятарласа тунă транспорт бригади ĕçлет.

**Г. МАРТЫНОВ,**
**КПСС райкомĕн пропагандисчĕ.**

## Колхозри строительство ĕçне механизацилени

Пирĕн республикăри колхозсем выльăх-чĕрлĕх валли кашни çулах пине яхăн çĕнĕ çуртсем туса лартаççĕ. Сăмахран, Ишлей районĕнче 34 колхоз. Кăçал вĕсем пурте тĕрлĕрен çĕнĕ çуртсем тăваççĕ.

Паллах, çурт-йĕр тума сахал мар ĕçкунĕ кирлĕ. Калăпăр, саманран 25 сысна вырнаçмалăх çурт тума пурĕ 2.675 ĕçкунĕ кирлĕ, вăл шутран 200 ĕçкунне яхăн никĕс купалама, 500 ĕçкунĕ ытла саманран стена тума каять.

Çакнашкал нумай ĕçкунĕ тăкакланнине чакарас тата строительствăри ĕç тухăçлăхне ӳстерес ыйту—колхозсем умĕнче тăракан задачăсенчен пĕри.

Ку задачăна Вăрнар районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхозри Я. Васильев ертсе пыракан строительство бригади ăнăçлă пурнăçа кĕртсе пырать. Кунта саман тумалли ĕçе чылайăшне механизациленĕ. Тăм-улăм чустине тăм çăракан «Пионер» ятлă машинăпа хатĕрлеççĕ. Машинăна автомобиль двигателĕ ĕçлеттерет. Тăм çăрнă çĕре шыв хăех ятарласа хунă трубасем тăрăх кирлĕ таран юхса пырать.

Çак машинăсем пулăшнипе бригада 500 пуç вырнаçмалăх чăх вити тăвать.

Строительсен бригади колхоз валли пысăк илемлĕ клуб туса пĕтерет.

Строительствăри ĕçсене механизацилени колхоза пĕр пин ытла ĕçкунĕ перекетлеме пулăшнă.

Пирĕн республикăри колхозсенче строительствăри ĕçсене *механизацилеме нумайăшĕнче электричество вăйĕ, двигательсем, электромоторсем тата ытти машинăсем пур. Вăрнар районĕнче Мичурин ячĕ*пе тăракан колхозрах икĕ двигатель, çуртçи тума турпас (дранка) хатĕрлемелли станок тата урăх машинăсем те пур. Анчах вăл машинăсем ним усăсăрах çумăр айĕнче тутăхса выртаççĕ.

**И. КУЗЬМИН.**

## ГОСУДАРСТВĂНА ВЫЛЬĂХ-ЧĔРЛĔХ ПРОДУКЧĔСЕМ ПАРСА ТАТНĂ

Республикăри совхозсем тата государствăпа кооператив организацийĕсен хушма хуçалăхĕсем государствăна çăм памалли çулталăкри плана срокчен 115 процент тултарнă. Елчĕк, Чкаловски, Етĕрне районĕсенчи колхозниксем те çăм памалли çулталăкри плана тултарчĕç.

Елчĕк районĕнчи колхозниксем государствăна сĕт памалли 9 уйăхри плана икĕ уйăх малтан пурнăçланă. Кăçал, иртнĕ çулхи çак вăхăтпа танлаштарсан, колхозниксем государствăна 23 пин литр сĕт ытларах панă.

**Н. ШАШУРИН.**

## ПАХЧА ÇИМĔÇРЕН ПЫСĂК ТУПĂШ ИЛЕÇÇĔ

КАНАШ. Мичурин ячĕпе тăракан колхоз пахча çимĕç туса илес тĕлĕшпе тахçантанпах палла вырăн йышăнать. Колхоз виçĕ ялпа пĕрлешнĕ хыççăн ку ĕç татах та вăйланчĕ.

Хучел ялĕнче тĕрлĕ пахча-çимĕç тăвас тата сад ĕрчетес ĕç ятлă колхоз организациленĕ чухнех пуçланнă.

Иртнĕ çулта колхоз садне Патăръелĕнчи питомникрен çĕнĕрен çĕршĕр тĕп улмуççи тата çырла йывăççисем чылай илсе килсе лартнă. Пахча çимĕçсем валли парниксен йышĕ ӳссе, нумайланса пырать.

Колхоз çулленех таврара çук пахча çимĕç ӳстерет. Кунта суханĕ, кишĕрĕ, купăсти, хăярĕ—пурте пур. Колхоз пахча çимĕçсем сутма Канашри вагонсем юсакан заводра пĕр магазин уçнă. Канаш хулинчех тепĕр магазин лартма палăртнă.

Колхоз пахча çимĕçрен çулленех пысăк тупăш илет. 1951 çулта пахча çимĕçрен 65 пин тенкĕ, 1952 çулта 79 пин тенкĕлĕх тупăш курнă, кăçал 80 пин тенкĕрен кая мар тупăш илме ĕмĕтленеççĕ.

**С. АСЛАН.**
**И. КУЗЬМИН.**

# Силос хывмалли плана кашни колхоз тултартăр

Обществăлла выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстересси—хальхи вăхăтра пурнăçа кĕртмелли питĕ пысăк задача. Çак задачăна пурнăçлама сĕтеклĕ апат нумай кирлĕ.

Силос—хаклă та питĕ паха сĕтеклĕ апат, вăл выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерме пулăшать. Республикăри нумай колхозсенче çак чăнлăха аван ăнланнă, çулсеренех çĕршер тонна силос хатĕрлеççĕ, кăçал та çак ĕçе ăнăçлăн туса пыраççĕ. Акă, Муркаш районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕ силос хывмалли плана ытлашшипех тултарнă. Çак районти «Красное Сормово» колхоз тырпул пухса кĕртме тухиччен 460 тонна силос хывса, плана 80 процент ытла пурнăçланă.

Çакăн пек паха тĕслĕхсем ытти районсенчи колхозсем тăрăх та илсе кăтартма пулать. Анчах та силос хывас ĕç нумай районсенче япăх пырать. Шăмăршă районĕнче çак ĕç пуçланманпа пĕрех. Ку вăхăта çитсе те плана 13 процент çеç тултарнă. Силос хатĕрлес енĕпе Тăвай, Куславкка, Хĕрлĕ Чутай, Етĕрне районĕсенчи колхозсем те питĕ начар ĕçлеççĕ, плана 15—21 процент çеç тултарнă.

Сĕнтĕрвăрри районĕ те силос хывас тĕлĕшпе юлса пырать. Кунта чылай ялхуçалăх артелĕсем халĕ те çак ĕçе тытăнман. Хăшпĕр колхозсенче тытăннă пулсан та силоса ячĕшĕн кăна, техникăна пăсса хывнă. Сăмахран, «Красная звезда» колхозра силос тумалли курăка питĕ шултра туранă. Силос хывас техникăна пăснă тĕслĕхсем татах та пур: силос хывмалли шăтăксемпе траншейăсене пĕчĕккĕ тăваççĕ, вĕсен стенисене чулпа, кирпĕчпе е хăмапа хытармаççĕ, çулнă курăка çийĕнчех силоса хывмаççĕ, хывнă чухне ăна кирлĕ пек таптаса пирчетмеççĕ, тултарнă шăтăка тăмпа шăлса лартмаççĕ. Кунашкал ĕçлесен ăçтан паха силос пултăр!

Районти колхозсенче выльăх-чĕрлĕх валли çителĕклĕ таран апат хатĕрлес ĕçе пурнăçласа пыманшăн МТС руководителĕсем те айăплă. Сĕнтĕрвăрри МТС-ĕн колхозсене 31 пин тонна силос хывса памалла, июлĕн 31-мĕшĕ тĕлне 609 тонна кăна хывнă. Силос хывмалли курăка турамалли машинăсене пĕр вăхăтлăха та ахаль лартмалла мар. Анчах та машина-трактор станцийĕн чылай силосорезкисем ĕçлемесĕр лараççĕ. Районти ялхуçалăх специалисчĕсем те силос хывас ĕçе лайăх та тĕрĕс организацилессишĕн тăрăшмаççĕ.

Тăвай районĕнче те силос хатĕрлес тĕлĕшпе лару-тăру çавăн пекех.

Республикăри районсемпе танлаштарсан, Комсомольски, Шупашкар, Шăхасан, Чкаловски районĕсем малта пыраççĕ. Апла пулсан та силос хывас ĕç çак районсенче ăнăçлă пырать тесе калама çук.

Силослăх культурăсене (хĕвелçаврăнăшне т. ыт. те) çулса пухасси те чылай районсенче начар пырать. Ку тĕлĕшпе уйрăммăнах Куславкка, Пăрачкав, Тăвай, Сĕмĕрле, Етĕрне районĕсенчи колхозсем юлса пыраççĕ. Шăмăршă тата Кувакино районĕсенчи ялхуçалăх артелĕсем çак ĕçе пачах тытăнман.

Силос хатĕрлемелли плана тултарма тата ирттерсе тултарма условисем çителĕклĕ. Силос хывма юрăхлă ӳсентăрансем уй-хирсемпе улăх-çарансем çинче темĕн чухлех. Улăхсенчи курăка часах иккĕмĕш хут çулмалла пулать. Кĕркунне—кăшман çулçи, çĕрулми аври, купăста çулçи силос хывма юрăхлă. Çак ӳсентăрансемпе пĕтĕмпе усă курни çеç кирлĕ. Силос тума акнă хĕвелçаврăнăшĕпе усă курмалли çинчен каламасăрах паллă. Çапла ĕнтĕ, хăшпĕр колхозсенче «силос хывма курăк çук», тесе калани—вырăнсăр.

— Тырпул пухса кĕртмелле, силос хывма халĕ вăхăт çук, — теççĕ Тăвай районĕнчи хăшпĕр колхоз председателĕсем.

Тĕрĕс ĕнтĕ. Тырпула хăвăрт тата тăккаламасăр пухса кĕртесси—паянхи тĕп задача. Анчах та, ĕçе тĕрĕс йĕркелесен, кашни колхозра тырпул пухса кĕртме те, выльăх апачĕ хатĕрлеме те ĕç вăйĕ çителĕклĕ. Пĕр ĕçе тунă чухне, тепĕр ĕçе кая хăварни—юрăхсăр меслет.

Силос хывмалли плана кашни колхозăн тултармалла. Районсенчи партипе совет, чи малтан, ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕсен силос хывса хăварас ĕçе лайăх ертсе пымалла.

# Стена хаçачĕ колхоз хуçалăхне тĕрекленме пулăшать

ИШЛЕЙ. Пирĕн «Сталинская гвардия» колхозра 1950 çултанпа «Сталинла гварди» ятлă стена хаçачĕ кашни уйăхра икĕ хутчен тухса тăрать. Пĕтĕмпе 1950-мĕш çултанпа 76 номер тухнă.

Хамăр хаçат çинче эпир колхоз умĕнче тăракан задачăсем çинчен, колхоз производствинче малта пыракан колхозниксемпе колхозницăсем çинчен анлăн çутататпăр. Стена хаçачĕ ĕçре юлса пыракансене критиклет, час-часах ялкорсен рейчĕсене ирттерет. Чылай статьясене колхоз правленийĕ хăйĕн ларăвĕсенче сӳтсе явса тивĕçлĕ решенисем йышăнать, çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтерсе пырать. Кăçалхи июль уйăхĕн пуçламăшĕнче 5-мĕш бригадăри Николай Петров колхозникăн витине тунă çĕрте ĕçлекенсем колхоз вуттине йăтни çинчен критикăлла заметка пичетленсе тухнăччĕ. Çакăн çинчен колхоз *правленийĕ хăйĕн ларăвĕнче тепĕр кунех сӳтсе явса тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.* Колхоз пурлăхне тустаракансене ответ тыттармалла турĕ.

Колхозри парторганизаци хаçат редколлегине пысăк пулăшу парса тăрать. Вăл пулăшнипе пирĕн хаçат кашни уйăхрах ялкорсен, боевой листок редакторĕсен канашлăвĕсене ирттерсе пырать, вĕсене тĕрлĕ сĕнӳсем парать.

Эпир стена хаçачĕ çумĕнче кăтарту хăмипе хисеп хăми йĕркелерĕмĕр. Кăтарту хăми çинче ĕçри çитĕнӳсене кашни 4—5 кунтах палăртатпăр. Хисеп хăми çине социализмла ăмăртура малта пыракан колхозниксемпе колхозницăсен, звенosen, бригадăсен ячĕсене çыратпăр. Паянхи куна 23 çынна тырпул пухса кĕртес ĕçре лайăх ĕçленĕшĕн хисеп хăми çине кĕртнĕ. Вĕсен шутĕнче—Таисия Эриванова, Мальвина Смирнова, Лидия Дуброва, Валерий Смирнов тата ыттисем те. Вĕсем тырă вырнă çĕрте кашни кунах нормăна ытлашшипех тултарса ĕçлеççĕ. Стена хаçачĕ çапла ĕçлесе пыни колхоз производствинчи социализмла ăмăртăва анлăн сарма пулăшать.

Хаçатра тухакан статьясене эпир яланах кĕскен, колхозниксене ăнланмалла чĕлхепе çыратпăр.

Пирĕн «Сталинская гвардия» колхоз уй-хирĕнче ытти çулхисемпе танлаштарсан, кăçал уйрăммăнах вăйлă тырпул çитĕнчĕ. Вăтамран кĕрхи тырă кашни гектартан 90-шар пăт тухать. Кăçал пирĕн колхозăн 313 гектар çинчи кĕрхи тырăсене пухса кĕртмелле. Паянхи куна 200 гектар çинчи тырра вырса пуçтарнă. 4-мĕшпе 5-мĕш бригадăсем августăн 1-мĕшне кĕрхи тырăсене вырса пĕтерсе пуса татма тытăнчĕç.

Тырпула пухса кĕртнĕ тата государствăна тырă панă тапхăрта колхозри стена хаçачĕн *оперативлă ĕçлемелле. Çакна пирĕн хаçат асра тытса пырать. Çавăнпа эпир халĕ кашни 6—7 кунта стена хаçачĕ кăларатпăр.* Пирĕн стена хаçачĕ бригадăри боевой листоксен редакторĕсене пысăк пулăшу парать. Кăçхине ĕç хыççăн, боевой листоксен редакторĕсене кашни 2—3 кунтах пухатпăр.

Ку вара бригадăсенчи боевой листоксен рольне ӳстерме пулăшать. Халĕ колхозри кашни бригадăрах 3—4 кунта боевой листоксем тухса тăраççĕ.

Пирĕн стена хаçачĕн ĕçĕнче çитменлĕхсем те пур-ха. Эпир колхозниксемпе колхозницăсен анлă массисемпе таччăн çыхăнса ĕçлесе пыраймастпăр.

**Ф. ОЛАНГИН,**
**«Сталинла гварди» хаçат редакторĕ.**

# „Стройматериал" промартеле пулăшу кирлĕ

Сĕнтĕрвăрринчи «Стройматериал» промартель юлса пырать. Вăл çур çулхи производство планне тултарман, кирпĕч хĕртмелли задание вара 25 процент, известь хĕртмелли плана 39 процент çеç тултарнă. План тăрăх тăм савăт-сапа, урапа маçĕ туса кăлармалла. Артель ку ĕçе пачах тытăнман.

Артель япăх ĕçлени производствăна тĕрĕс йĕркелеме тăрăшманнинчен, ун руководителĕсем государство дисциплинине час-часах пăснинчен килет. Артельти кашни 10 çынтан çиччĕшĕ ĕç нормине тултараймаççĕ. Ĕç тухăçлăхне ӳстермелли çурçуллăхри задание пурĕ те 73,8 процент кăна пурнăçланă. Тепĕр çитменлĕх вăл—продукци пахалăхне хăпартассишĕн, хуçасăрлăха пĕтерессишĕн кирлĕ пек кĕрешменни. План тăрăх, пĕр кубометр йывăç масса хатĕрлесси 36 тенкĕ тăмалла, кунта 74 тенкĕ те 71 пуса ларнă, ĕç укçи планпа палăртнинчен 49 пин тенкĕ ытларах расходланă. Производствăра брак нумай пулать. Çавăн пирки артель тупăш тăвас вырăнне убыток тӳсет.

Артель оборудованипе кирлĕ пек усă курмасть. Япăх юсанипе кирпĕч тумалли пресс час-часах ахаль тăрать. Кăçалхи апрель уйăхĕнче Чăвашпромсоюз артеле локомобиль панă. Çав локомобиль Сĕнтĕрвăрринчен 18 километрта çеç тăрать. Апла пулин те ăна кӳрсе килмеççĕ.

Артелте социализмла ăмăртăва йĕркелемен, кăтарту хăми çук, кам малта, кам юлса пынине палăртмаççĕ. Хăма çуракан цехра ĕçлекенсем сменăри нормăна, пĕренерен мĕн чухлĕ хăма çурса кăлармаллине пĕлмеççĕ. Ку цехра мастер пулса техникăна пĕлмен, унччен художник пулнă çын ĕçлет. Паллах, вăл производствăна тĕрĕс йĕркелеме, техникăпа лайăх усă курма пултараймасть.

Промартель председателĕ Никитин юлташ цехсенче сайра хутра çеç пулать, командировкăра ытларах пулма тăрăшать, Ситдиков техноук та хăйĕн пултарулăхне кăтартмасть, государство планне тултарассишĕн тăрăшмасть.

Хула Совет исполкомĕ ку артель юлса пынине пĕтерме, ăна кирлĕ пулăшу пама тăрăшать. Анчах артель руководителĕсем:—Эпир Чăвашпромсовета пăхăнса тăратпăр, — тесе исполком решенийĕсене пурнăçлама тăрăшмаççĕ.

Пирĕн шухăшпа, Чăвашпромсоветăн «Стройматериал» промартель ĕçĕпе тĕплĕнрех интересленмелле, ун руководителĕсен ответлăхне хăпартмалла, плана тултарса пымалла тумалла.

**П. ЖИЛОЧКИН,**
**Сĕнтĕрвăрри хула Совет исполкомĕн председателĕ.**

## Государствăна—тырă

МУРКАШ. «Знамя коммунизма» колхоз членĕсем ăнса пулнă тырпула хăвăртрах пухса кĕртессишĕн, Тăван çĕршыв умĕнчи пĕрремĕш тивĕçе срокчен тултарассишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ.

Колхоз халĕ авăн çапать, кашни кун икĕ машинăпа хатĕрлев пунктне тырă турттарать. Июль уйăхĕнче государствăна тырă пама çирĕплетнĕ графика артель ирттерсе тултарчĕ.

**С. ТИХОНОВ.**

* * *

ТĂВАЙ. Государствăна тырă парас ĕçе мĕнле йĕркелесси çинчен «Красное Сормово» колхоз членĕсем тырă вырма тухиччен чылай малтан сӳтсе яврĕç. Тăван çĕршыв умĕнчи пĕрремĕш тивĕçе сентябрĕн 1-мĕшĕччен пурнăçлама çирĕп сăмах пачĕç.

Тырă вырма тухсан малтанхи кунсенчех колхозниксем авăн çапма тытăнчĕç. Çапнă тырра çийĕнчех тасатса типĕтеççĕ, хатĕрлев пунктне турттараççĕ.

Августăн 1-мĕшĕ тĕлне колхоз государствăна 2.200 пăт тырă леçсе пачĕ, графика икĕ хут ирттерсе тултарчĕ.

**М. РАЗНОМАЗОВ.**

## Заем укçи пухса пĕтерчĕç

ЧУРАЧĂК. Шуркасси ял Советне кĕрекен Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем, çĕнĕ заем укçине пĕтĕмпех тӳлесе татса, облигацисене алла илчĕç. Заем сарас тата укçине пухас тĕлĕшпе И. Захаров, Р. Никифоров уполномоченнăйсем, ял Совечĕн депутачĕсем М. Николаев, И. Евстафьев, А. Викторов юлташсем тăрăшса ĕçлерĕç.

Шуркасси ял Советне кĕрекен «Большевик» тата Сталин ячĕпе тăракан колхозсен членĕсем те заем укçине çак кунсенчех тӳлесе татса облигацисем илеççĕ.

**Ф. СЕМЕНОВ.**

## *Колхозсенчен пĕлтереççĕ*

ЕТĔРНЕ. Тимирязев ячĕпе тăракан колхоз государствăна 250 килограмм хăяр пачĕ, часах ытти йышши пахча çимĕçсем те пама тытăнать.

**М. ЗАХАРОВ.**

ЕЛЧĔК. «Вперед» колхоз фермине ĕçлекенсем кăçалхи ултă уйăх хушшинче кашни ĕнерен 688-шар литр, иртнĕ çулхи çав вăхăтрипе танлаштарсан, 150 литр ытларах сĕт суса илнĕ. Социализмла ăмăртура С. Багадерова тата В. Якимова дояркăсем малта пыраççĕ.

**В. ДОЛГОВ.**

ЧУРАЧĂК. «Прогресс» колхозра чулпа цементран 80 тонна силос вырнаçмалăх сурма башня тунă. Колхоз ку таранччен 120 тонна силос хывнă. Çак ĕç малалла пырать.

**Ю. ПЕТРОВ.**

## Государствăна сӳс параççĕ

МУРКАШ. Сталин ячĕпе тăракан колхоз иртнĕ çулта кантăртан 129 пин тенкĕ ытла тупăш илнĕ. Кăçал колхозниксем тата пысăкрах тухăçлă кантăр туса илме тăрăшаççĕ. Вĕсем кантăр çинчи пусана татса çийĕнчех шыва хутрĕç. И. Магаев юлташ ертсе пыракан бригада членĕсем шыва хунă пусана типĕтсе государствăна пама тытăнчĕç.

**Н. БАРМИНОВ.**

# СССР Ют çĕршыв Ĕçсен Министерствинче

Совет Союзĕнче тухакан хаçатсенче пĕлтернĕ тăрăх, июлĕн 30-мĕшĕнче Совет Правительстви Пĕрлешнĕ Штатсен правительствине нота ярса панă, унта Америкăн тăватă моторлă бомбардировщикĕ июлĕн 29-мĕшĕнче Владивосток районĕнче ССР Союзĕн государство чиккине пăсни хирĕçлесе СССР правительстви протест тунă.

Июлĕн 31-мĕшĕнче США-н Мускаври Посолĕ господин Ч. Болен, США правительстви хушнипе, СССР Ют çĕршыв Ĕçсен Министерствине Асра тытмалли çыру ярса панă, унта Америкăн çар самолечĕ ССР Союзĕн государство чиккине пăснă факт пулман пек калать тата Америка самолечĕ çине Япони тинĕс тĕлĕнче пек вĕçсе пынă чухне, совет истребителĕсем тапăннă тесе кăтартнă. Çырура çавăн пекех тата Америка самолечĕ çинче пулнă экипаж членĕсене, сыв юлнисене, США аллине сведенисем тăрăх, совет патăрхăхĕсем хăтарма тесе калана, вĕсене США-на таварса пама ыйтнă.

Августăн 3-мĕшĕнче СССР Ют çĕршыв Ĕçсен Министерстви США-н Мускаври посольствине Америка посольстви Асра тытмалли çырăвĕ пирки çакăн пек ответ ярса панă:

«США Посольствин кăçалхи июлĕн 31-мĕшĕнче Асра тытмалли çырăвĕ пирки Совет Социализмлă Республикисен Союзĕн Правительстви Америкăн Пĕрлешнĕ Штатсен Правительствине çапла пĕлтерме кирлĕ тесе шутлать.

Совет Правительстви США Правительствине кăçалхи июлĕн 31-мĕшĕнче ярса панă нотăра тĕрĕслене фактсене пĕтĕмпех кăтартнă, вĕсем Америкăн «Б-50» тата тăватă моторлă бомбардировщикĕ кăçалхи июлĕн 29-мĕшĕнче СССР государство чиккине малтан Гамов Сăмсахĕ районĕнче пăсни çинчен, унтан СССР территорийĕнче Владивосток инçетре мар тăракан Асколь утравĕ патĕнче вĕçсе пыни çинчен калаççĕ. Совет Союзĕнчи икĕ истребителĕ Америка самолечĕ вăл СССР территорийĕ кăтартса парас тесе тата Совет Союзĕнчи тухса кайма хушас тĕллевпе çывхарсан, Америка самолечĕ çинчен пеме пуçланă, совет самолечĕсенчен пĕрне чылаях пысăк сиен кӳнĕ. Çавна май совет самолечĕн хăй енчен хирĕç пеме пуçлама тивнĕ, çакăн хыççăн Америка самолечĕ тинĕс енелле вĕçсе кайнă.

Çӳлте асăннă кăтартнă фактсем çакăн çинчен калаççĕ: США Правительстви Асра тытмалли çырăвĕнче Америка самолечĕ Япони тинĕс тĕлĕнче вĕçсе пынă чухне ун çине совет истребителĕсем тапăннă тесе калани тĕрĕс мар фактсене хирĕç килмест.

Америкăн тинĕс енелле вĕçсе кайнă çӳлте асăннă самолечĕ пирки тата унăн экипажĕ çинчен Совет Правительствин аллинче нимĕнле сведенисем те çук.

Совет Правительстви хăйĕн июлĕн 30-мĕшĕнчи нотине çирĕплетсе калать, совет чиккине пăснăшăн айăплă çынсене çирĕп ответ тыттарма ыйтать, США Правительстви малашне Америка самолечĕсене СССР государство чиккине пăсма памалла мар тăвас тĕллевпе кирлĕ мерăсем йышăнасса кĕтет.

Совет Правительстви Посольствин Асра тытмалли çырăвĕнче каланă протеста, ывăнсăр ĕç вырăнне хурса, сирсе ярать».

# ВЦСПС-ăн XI-мĕш пленумĕ

Августăн 3—4-мĕшĕсенче ВЦСПС-ăн XI-мĕш пленумĕ пулса иртнĕ.

Рабочисемпе служащисен пурнăçпа ĕçла условийĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе 1953 çул валли тунă коллективлă договорсенче палăртнă обязательствăсене пурнăçласси промышленность, транспорт, ялхуçалăх предприятийĕсенче тата стройкăсенче мĕнле пыни çинчен ВЦСПС председателĕ Н. М. Шверник юлташ доклад тунă.

— ВЦСПС-ăн XI-мĕш пленумĕ,—тесе палăртнă хăйĕн докладĕнче Шверник юлташ,—совет халăхĕн анлă массисен активлăхĕ нихçанхинчен те ытларах ӳснĕ условисенче, рабочисем, хресченсем тата интеллигенци Коммунистсен партийĕ, советлă социализмлă обществăн ертсе пыракан вăйĕ пулса тăракан парти тавра тата ытларах таччăн пĕтĕçсе тăнă условисенче пулса иртет.

Парти кăларса тăратнă пĕтĕм тĕнчипе историллĕ задачăна — социализмран майĕпен коммунизма куçса пымалли историллĕ задачăна ăнăçлă пурнăçлас тесен, совет профсоюзĕсен нумай наципллĕ Совет Союзĕнчи халăхсен моралĕ-политикăлла пĕрлĕхĕпе тăванла туслăхне малалла тĕреклетсе пырассишĕн пур майсемпе те кĕрешмелле, революциллĕ сыхлăха вăйлатмалла, самокритикăна, уйрăмах аялтан килекен критикăна аталантармалла, массăсене хамăрăн социализмла Тăван çĕршыва вĕçĕмсĕр парăнса тăма воспитани памалла, рабочисене, инженерсемпе техниксене, служащисене Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçтермелле.

Пирĕн çĕршывра халăх вăйĕпе тунă пĕтĕм материальнăй пурлăх халăх аллинче тăрать, унпа халăх интересĕсемшĕн усă кураççĕ. Профессиллĕ союзсен ĕçĕнче рабочисемпе служащисем валли лайăх сурт-йĕрсем туса парасси, совет суту-илĕвĕпе обществăллă апатлану ĕçне лайăхлатасси тĕп вырăнта тăмалла. Çак куллен кирлĕ задачăсем çинчен манса кайни профсоюз органĕсене массăсенчен уйрăлса каясси патне, хăйсен политикăлла задачисене пурнăçлас марри патне илсе пырать.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче Совет Союзĕнчи хуласемпе рабочи поселокĕсенче 155 миллион тăваткал метр чухлĕ, ялсенче — 3 миллион та 800 пин пурăнмалли суртсем туса лартнă тата юсаса çĕнетнĕ. Шкулсем, больницăсем, поликлиникăсем, ача сурчĕсем, ача садĕсем, пионер лагерĕсем, клубсем, стадионсем, мунчасем, прачечнăйсем тата ытти коммунальнăй учреждениссем туса лартасси пĕрмай ӳссе пыракан хăвăртлăхсемпе вăйланать.

Партин XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче сурт-йĕр строительствине чылай вăйлатма, хальхи сурт-йĕрсене лайăхлатма, водопроводпа канализаци аслăлатма, суртсене телефон тата газ кĕртессине ӳстерме, коммунальнăй тата йăла учрежденийĕсен ĕçĕсене лайăхлатма палăртнă.

ВЦСПС коллективлă договорсене пурнăçласси мĕнле пыни çинчен çĕр кăмрăк, нефть, тимĕр-тăмăр, çăмăл тата апат-çимĕç промышленность, электростанцисемпе электропромышленность, çул-йĕр, машиностроени, ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствисен 500 предприяти ĕçĕсене, çавăн пекех строительство министерствин стройкисен ĕçĕсене тĕрĕслесе тухнă.

Тĕрĕслӳ çакна палăртнă: фабрикăпа завод тата вырăнти комитетсем тата хуçалăх руководителĕсем коллективлă договорсене пурнăçланине тăтăшах тĕрĕслесе тăракан вырăнсенче сурт-йĕр тăвас тата культурăпа йăла строительстви енĕпе йышăннă обязательствăсене пурнăçласси ăнăçлă пулса пырать. Коллективлă договорсене пурнăçласси çине тимлĕçлипе пăхман вырăнсенче строительство ĕçĕсем вăраха тăсăлса пыраççĕ.

Орджоникидзе ячĕпе тăракан «Запорожьсталь» тимĕр-тăмăр заводĕнче кăçалхи çур çул хушшинче 1.400 тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли суртсем туса лартас вырăнне 3.900 тăваткал метр чухлĕ туса лартнă. «Азовсталь» заводĕнче те пурăнмалли суртсене тата культурăпа йăла учрежденийĕсене тĕпрен юсамалли çур çулталлăк планне ирттерсе тултарнă. Хăйĕн обязательствисене «Туркменнефтестрой» тресчĕ те ăнăçлă тултарать.

Çакăнпа пĕрлех докладчик чылай министерствăсемпе ведомствăсем сурт-йĕр тата коммунальнăй йăла строительствине çителĕксĕр туса пынине палăртнă. Машиностроени, транспортпа пывăр машиностроени, ялхуçалăхĕпе хатĕрлев, тинĕспе юханшыв флот министерствисем сурт-йĕр тата культурăпа йăла строительстви енĕпе хăйсен планĕсене çултан-çул тултараймаççĕ, çак ĕçсем валли государство уйăрса паракан укçа усă курмасăр нумай юлать. Халăх хуçалăхĕн çак отраслĕсенчи рабочисене пĕрлештерсе тăракан профсоюзсен Центральнăй комитечĕсем обязательствăсене пурнăçламан хуçалăх руководителĕсем çине килĕшӳллĕн пăхаççĕ. Хăшпĕр хозяйственниксем, фабрикăпа завод тата вырăнти комитетсем строительство ĕçĕсен пахалăхне тĕрĕслесе тăмаççĕ, туса çитермен суртсене йышăнаççĕ.

Центральнăй комитетсен, обкомсен, фабрикăпа завод тата вырăнти комитетсен малта пыракан стройкăсен опытне вĕренсе сармалла, строительсене сурт-йĕр строительстви планĕсене вăхăтра тултарма мобилизацилемелле, вĕсен туса пĕтернĕ суртсене йышăнас, хваттерсем валеçсе парас ĕçсене активлă хутшăнмалла.

Кăçал уйрăм çынсем харпăр хăй валли суртсем лартас ĕçе чылай ӳстерме палăртнă. Анчах та, уйрăм çынсем суртсем лартасси ӳссе пырать пулсан та, çак ĕç валли государство уйăрса паракан укçатенкĕ чылай чухне рабочисемпе служащисем патне çитмест, вăл укçа-тенкĕпе вырăнлă усă курмаççĕ. Профсоюзсен государство уйрăм çынсене суртсем лартма кивçен паракан укçана вăхăтра уйăрса панине тата вĕсемпе усă курнине тăтăшах тĕрĕслесе тăмалла, сурт лартакансене практикăлла пулăшу памалла.

Профсоюз организацийĕсен çĕнĕ строительствăсен ĕçĕсене тăтăшах тĕрĕслесе тăнипе пĕрлех, хваттерсене, общежитисене, культурăпа йăла учрежденийĕсене юсас тата йĕркене кĕртес ĕçсемшĕн куллен тăрăшмалла.

Коллективлă договорсене пурнăçланине куллен тата пур енчен те тĕплĕн тĕрĕслессине профсоюз активĕ анлăн пулăшнипе кăна тума пулать. Уйрăмах илсен, сурт-йĕрпе йăла комиссийĕсен пĕлтерĕшне ӳстерни кирлĕ, вĕсен сурт-йĕр, культурăпа йăла учрежденийĕсен строительстви мĕнле пынине, пурăнмалли суртсемпе общежитисем мĕнле тăнине час-часах тĕрĕслемелле.

Докладра совет суту-илĕвĕпе обществăлла апатлану ыйтăвĕсем пысăк вырăн йышăннă. Коллективлă договорсенче çырса хунă обязательствăсене чылай предприятисенче пурнăçлаççĕ. Çавăн пек, тĕслĕхрен, Бакури Сталин ячĕпе тăракан нефть заводĕнче ОРС 12 магазин тата лавкка уçнă, 54 магазин тата столовăй, 49 буфет тата палатка юсанă. Харьковри велосипед заводĕнче пур сменăсенче те ĕçлекен рабочисем валли вĕри тата тутлă апат хатĕрлеççĕ. Столовăйра кăнтăрлахи апат валли малтанах чексем сутса хураççĕ, тепĕр кун валли заказ йышăнас ĕçе организациленĕ.

Анчах обществăлла апатланупа сутуилӳ ĕçне лайăхлатассишĕн тăрăшман фабрикăпа завод тата вырăнти комитетсем те пур-ха, вĕсем магазинсемпе столовăйсен ĕçĕсене тĕрĕслемеççĕ.

«Карагандауголь» комбинатĕнчи 101-мĕш шахтăра ĕçлекен рабочисем шахта начальникĕ тăватă уйăх хушши столовăй суртне юсаттарма пултарайман пирки вĕри апат илеймен, шахтком председателĕ нимĕнле мера та йышăнман. Златоустри Ленин ячĕпе тăракан заводра, Новосибирскри тимĕр-тăмăр заводĕнче хуçалăх руководителĕсем кăнтăрлахи апат вăхăтне мĕнпур рабочисем валли пĕр вăхăтра ирттермелле туса хунă, çавна пула столовăйсенче пысăк черетсем пулса тăнă.

Центральнăй комитетсен, обкомсен, фабрикăпа завод тата вырăнти комитетсен столовăйсемпе магазинсен ĕçĕсене куллен обществăлла контроль аллинче тытса тăмалла, хушма хуçалăхсен ĕçĕсем çине ытларах пăхмалла.

Фабрикăпа завод тата вырăнти комитетсен рабочисемпе служащисен сигналĕсене тимлĕн итлемелле, вĕсен жалобисене вăхăтра тĕрĕслемелле, обществăлла апатланупа суту-илӳ ĕçĕнчи çитменлĕхсене татăклăн та хăвăрттăн пĕтермелле. Ку ĕçре рабочи снабженийĕ енĕпе ĕçлекен комиссисем, контрольпе ревизи комиссийĕсем пысăк вырăн йышăнса тăмалла. Пирĕн çĕршывра обществăлла контролерсем пулса ĕçлеме 600 пин çынна яхăн уйăрнă. Ку вăл пысăк çар. Çак çар пулăшнипе совет суту-илĕвĕпе обществăлла апатлану ĕçне чылай лайăхлатма пултаратпăр тата лайăхлатмалла та.

Хăйĕн докладне вĕçлесе Шверник юлташ çакна палăртать: профсоюзсен коллективлă договорсене пурнăçланине ячĕшĕн мар, чăннипе тĕрĕслесе тăмалла, вĕсене пурнăçлани çинчен рабочисемпе служащисен пухăвĕсенче е конференцийĕсенче тăтăшах сӳтсе явмалла, критикăпа самокритикăна пур майсемпе те вăйлатса пымалла, çитменлĕхсене хăюллăн палăртмалла, коллективлă договорсенче йышăннă обязательствăсене пурнăçлама кансĕрлесе тăракан сăлтавсене татăклăн пĕтермелле.

Совет çыннисен ырлăхĕшĕн тăрăшасси пирĕн партипе правительствăшăн закон пулса тăрать. Профессиллĕ союзсемшĕн совет çыннишĕн тăрăшассинчен ытла, партипе правительство решенийĕсене пурнăçлассишĕн кĕрешессинчен ытла хисеплĕ те пысăк урăх задача çук тата пулма та пултараймасть.

* * *

Пренире нефть промышленность министрĕ Байбаков юлташ, çĕр кăмрăк промышленность министрĕн заместителĕ Кузьмич юлташ, тимĕр-тăмăр промышленность министрĕн заместителĕ Кузьмин юлташ, ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министрĕн заместителĕ Кучумов юлташ, шалти тата тулашри суту-илӳ министрĕн заместителĕ Жаворонков юлташ, ВЦСПС-ăн ертсе пыракан работникĕсем, профсоюзсен республикăсенчи, облаçсенчи совечĕсен председателĕсем тата ыттисем те, пурĕ 34 çын, тухса каланă.

Йышăннă постановленире пленум çакна палăртнă: профсоюзсемпе хуçалăх органĕсен пысăк задачи вăл — рабочисене, инженерсемпе техниксене тата служащисене партин XIX-мĕш съезчĕ кăларса тăратнă задачăсене пурнăçлама, социализмла производствăна малалла çĕклентерсе пыма, государство планĕсене тултарассишĕн тата ирттерсе тултарассишĕн кĕрешме мобилизацилесси пулать. Çак задачăна пурнăçлани вăл ĕççыннисен материальнăй пурнăçне малалла лайăхлатса пымалли никĕс пулса тăрать. Пленум йышăннă постановленире коллективлă договорсене тĕрĕс тата пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пымалли, рабочисемпе служащисен пурнăçпа йăла условийĕсене малалла лайăхлатса пымалли майсене палăртнă.

## Китай Халăх Республикин промышленноçĕпе ялхуçалăхĕн Мускаври выставки хупăннă

Мускавра М. Горький ячĕпе тăракан культурăпа кану паркĕнче 25 кун каярах Китай Халăх Республикин промышленноçĕпе ялхуçалăхĕн выставкине уçнă пулнă. Виçĕ павильонра 4 пин экспонат ытла пулнă. Ку экспонатсем Китай халăхĕ Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе экономикăпа культура строительствинче тунă пысăк çитĕнӳсене панăштерни.

Китай Халăх Республикин промышленноçĕпе ялхуçалăхĕн выставки августăн 4-мĕшĕнче хупăннă. Вăл ССР Союзĕпе Китайăн аслă халăхĕсем никам аркатайми тăванла туслăхне ӳссĕн кăтартса панă. Выставкăна 600 пин çын ытла пырса курнă. Курма пыракансем нумайăшĕ выставка çинчен хăйсен шухăшĕсене палăртасшăн пулнă, вĕсене валли хăйсен шухăшĕсене çырса хăварма 50 кĕнеке ытла кирлĕ пулнă. Çав кĕнекесенче Совет Союзĕнчи ĕççыннисем, Китай халăхне халиччен тунă çитĕнӳсемпе лăпланса лармасăр малашне тата пысăкрах çитĕнӳсем тăвассишĕн кĕрешме ырă сунса, совет халăхĕпе Китай халăхĕ яланах çирĕп туслă пуласси çинчен шантарса каланă. Совет çыннисем Китайри тăвансене малашне те çитĕнӳсем туса пыма чун-чĕререн ырă суннă.

(ТАСС).

# Корейăри перемирие пурнăçлас тĕлĕшпе ĕçлекен Çар комиссийĕн ларăвĕнче

ПЕКИН, августăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран пĕлтернĕ тăрăх, перемирие пурнăçлас тĕлĕшпе ĕçлекен Çар комиссийĕн паянхи ларăвĕнче Пĕрлешнĕ Нацисен командованийĕн представителĕ çакна йышăннă: августăн 4-мĕшĕнче 4 сехет те 30 минут тĕлĕнче хĕçпăшалсăр 34 çын тата Пĕрлешнĕ Нацисен командованийĕн икĕ грузовикĕ Пхорыран инçетре мар вырăнта демаркаци линийĕ урлă каçнă, перемири çинчен тунă килĕшĕве пăснă.

Икĕ енĕн комиссийĕн аслă членĕсем икĕ енĕн секретарĕсем урлă перемирие пурнăçлас тĕлĕшпе ĕçлекен Çар комиссине çав хирĕçӳ пирки ятарласа çырнă доклад тăратма йышăннă.

Çав ларурах Корейăпа Китай енĕ Пĕрлешнĕ Нацисен командованийĕн представителĕсене перемири çинчен тунă килĕшĕве икĕ хут пăсни çинчен: августăн 3-мĕшĕнче Пĕрлешнĕ нацисен командованийĕн çар самолечĕсем кăнтăрла 4 сехет тĕлнелле Кэсон çывăхĕнчи Сонноэ çинчен, каçхине 6 сехет тĕлĕнче Хани çинчен тата 86 сăрт урлă вĕçсе иртни çинчен асăрхаттарнă.

## Хĕрлĕ Хĕрес обществисен Паньмыньчжоньри пĕрлештернĕ ушкăнĕн ларăвĕ

ПЕКИН, августăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран августăн 4-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Паян ирхине 10 сехетре тыткăнран киле ямалли çар çыннисене пулăшу парас тĕлĕшпе ĕçлекен Хĕрлĕ Хĕрес обществисен пĕрлештернĕ комиссийĕн пĕррремĕш ларăвĕ пулнă.

Икĕ енĕн представителĕсем çапла тума килĕшнĕ: тыткăнри çар çыннисене улăштарма тытăннă малтанхи кун Хĕрлĕ Хĕрес обществисен Паньмыньчжоньри пĕрлештернĕ ушкăнĕн председателĕ пулса Корейăпа Китай представителĕн ĕçлемелле. Тыткăнри çар çыннисене килĕсене яма пулăшас шутпа икĕ енĕн çав ушкăнри представителĕсем икĕ подгруппăна уйрălаççĕ, вĕсенчен иккĕшĕнче те членсен шучĕ пĕр пек пулать. Пĕр подгруппа Корейăпа Китайăн тыткăнри çар çыннисене йышăнмалли пунктĕнче, иккĕмĕшĕ — Пĕрлешнĕ Нацисен пунктĕнче ĕçлет. Тыткăнри çар çыннисене улăштарма тытăннă кун Корейăпа Китай представителĕсем икĕ подгруппăра та председательсем пулаççĕ.

## Демократиллĕ Германи Республики правительствин çĕнĕвĕ пирки Иозеф Вирт доктор каласа пани

БЕРЛИН, августăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви Фрейбургран пĕлтернĕ тăрăх, пĕрлĕхшĕн, миршĕн тата ирĕклĕхшĕн кĕрешекен нимĕçсен союзĕн председателĕ, ĕлĕк рейхсканцлер пулнă Йозеф Вирт доктор заявлени тунă. Унта вăл Демократиллĕ Германи Республикин правительстви кăçалхи август уйăхĕнче пĕтĕм Германи канашлăвне ирттерме сĕннине ырланă. Вирт доктор çапла каланă:

«Корейăри перемири мире сыхласа хăварассишĕн тăрăшакан кашни çынна хавăслантарать. Корейăри перемири тавлашуллă ыйтусене пурне те килĕшӳсем тунипе татса пама кирлине уйрăмах лайăх кăтартса паракан тĕслĕх пулса тăрать. Корейăра юн тăкнă тата ним усăсăр çынсене пĕтернĕ хыççăн килĕшӳ тума май килнĕ пулсан, Германире те халех килĕшӳ тума май килмелле. Халăхсем килĕшӳсем тума тата йывăрлăхсене çăмăллатма тăрăшни Корейăри перемирире палăрчĕ. Халăхсем килĕшӳсем тума тăрăшни тата йывăрлăхсене çăмăллатма тăрăшни Аденауэра та çентерĕ».

## Америкăпа Англи хушшинчи хирĕçӳсем çинчен Швеци хаçачĕ мĕн çырать

СТОКГОЛЬМ, августăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). «Афтобладет» хаçат Китай Халăх Республикине ООН членне илес ыйтупа Америкăпа Англи хирĕçни çинчен çырать. «Англи позицине ООН-ри представительсенчен нумайăшне ырлаççĕ, ун майлă тăраççĕ, çавăнпа та ООН сессийĕнче пысăк тавлашусем пулассине кĕтмелле. Çав тавлашусен результачĕ Америка правительствин тулашри политикăри позицийĕшĕн пысăк вырăн йышăнса тăрĕ. Анчах США ку ыйту тăрăх Англипе килĕшес енĕпе нумай чакма шутламасть, тесе калаççĕ».

## Чилире экономика начарланса пырать

БУЭНОС-АЙРЕС, августăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Чилири хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, унта пăхăр сутас ĕçре йывăрлăхсем тухса тăнă. Пĕрлешӳллĕ Штатсем Чили пăхăрне кĕренкине 35,5 цент — Чили правительстви тунă хака тӳлесе туянма килĕшмен. Халĕ вара Чилире 70 пин тонна пăхăр пухăннă. Пăхăр кăларма пăрахас хăрушлăх тухса тăнă. Пĕрлешӳллĕ Штатсем пăхăра пĕр кĕренкешĕн 30 цент тӳлесе илме килĕшеççĕ, çав вăхăтрах США-па Чили пĕр-пĕрин хушшинче тунă çар килĕшĕвĕ çине таянса, Чили правительствине хĕсеççĕ, ăна ытти çĕршывсене пăхăр сутма чараççĕ. Чилири влаçра тăракан ушкăнсем, хăйсен çĕршывĕн наци интересĕсене сиен тусах, США-на юлашкинчен асăннă хакпа пăхăр сутма хатĕр. Çавна хирĕç Чилири общественность хытă протестлет.

Çĕршывра çавăн пек йывăр лару-тăру пулса тăнă май, Чилири халăх фрончĕн исполнительнăй комитечĕ «Эль Сигло» хаçатра заявлени пичетлесе кăларнă. Заявленире çапла каланă: правительство экономика енĕпе йышăннă мерăсем таварсене хаклатрĕç тата ĕççĕр тăрса юлнисен йышне ӳстерчĕç, çав мерăсем çĕршыва экономика арканасси патне илсе пыма пултараççĕ. Чилипе США укçине улăштарса илме пĕр хак тунни—пĕр долларшăн 110 песо тӳлемелле туни — апатçимĕç хакĕсемпе куллен кирлĕ таварсен хакĕсем нумай ӳсесси патне илсе çитерчĕ. Çапла, сахăр хакĕ 100 процент, ӳсентăран çăвĕн хакĕ 40 процент, çăкăр хакĕ 39 процент ӳсрĕ.

Америка монополийĕсем пăхăр хакне йӳнеттернипе пула, çĕршыв экономики йывăрлăха кĕрсе ӳкрĕ, тесе каланă малалла заявленире.

Халăх фрончĕн исполнительнăй комитечĕ çапла шутлать: çавăн пек йывăрлăха пĕтермелли пĕртен-пĕр май вăл пăхăра доллар тĕп укçа шутланман çĕршывсене сутмалла туни пулать, çав çĕршывсем пăхăра кĕренке пуçне 35,5 центран ытларах тӳлесе илме хатĕр. Заявленире уйрăмах çакна палăртнă: правительство, экономика енĕпе мерăсем йышăнса, государство бюджетĕнче тупăшсем расходсене витме çитменнине пĕтерме, расходсене витме укçа пухма шутлать. Çавăн пек мерăсем тĕрĕс мар, мĕншĕн тесен государство бюджетĕнче çитмен укçана халăхăн пуянрах сийĕсенчен мар, ĕççынни массисенчен пухма палăртнă. Государство бюджетĕнчи расходсене витме укçа «хамăрăн чĕртавара наци экономикине аталантарма май паракан хакпа тĕнчери мĕнпур çĕршывсене сутса, империалистсен шултра компанийĕсем, помещиксем, пуян банкирсем тата спекулянтсем çине пысăк налогсем хурса пухмалла, çапла майпа государство тупăшĕсене ӳстермелле; усăсăр тăкаксене пĕтермелле, сăмахран, США-па тунă çар килĕшĕвне пурнăçлассипе çыхăннă расходсем валли укçа памалла мар.

Заявленире «çĕршывăн наци пуянлăхне (пăхăр, тимĕр, селитра тата ыттисем те) национализацилеме, пур çĕрте те çĕр реформи ирттерме, суту-илӳре империалистсем пуç пулса тăнине пĕтерме, пăхăра тата ытти чĕртавара тĕнчери мĕнпур çĕршывсене сутмалла тума, рабочисемпе служащисен ĕç укçине чылай ӳстерме ыйтса» требовани лартнă.

## Çурçĕр Иранра шыв илни пысăк инкек кӳнĕ

ПАРИЖ, августăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви Тегеранран çакăн çинчен пĕлтерет: икĕ кун каялла шыв вăйлă тулнипе Джарджуд Руббар ялне (Мазендеран провинцийĕ) пĕтĕмпех шыв юхтарса кайнă. Малтанлăха илнĕ сведенисем тăрăх, çавăн чухне 226 çын пĕтнĕ.

Шыв туласси çапла пулнă: вăйлă çумăр çунипе Нур юханшывĕ çырансенчен тухса хăварт сарăлнă.

### ФРАНЦИ ВЛАÇĔСЕМ АЛЖИРТА КИРЕВСĔР ĔÇСЕМ ТĂВАÇÇĔ

ПАРИЖ, августăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер полиципе жандармери Аин-Темушан хулинче (Алжир) ĕççĕр тăрса юлнисен митингне пухăннă çынсем çине тапăннă. Тытăçу вăхăтĕнче темиçе çын аманнă. Полици митинга пухăннисенчен темиçе çынна тытса хупнă.

## Оран портĕнче ĕçлекенсем çар материалĕсене тиеме килĕшмен

ПАРИЖ, августăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Оран портĕнче ĕçлекенсем Вьетнама çар материалĕсем ярассине хирĕç нумайранпа кĕрешеççĕ. Ĕç тупма йывăр пулсан та, хăйсем ĕççĕр тăрса юлнă пулсан та, вĕсем Индо-Китая каякан карап çине çар материалĕсем тиеме килĕшмен.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

Умстатья.—Юратнă Тăван çĕршыва вăйлăн аталантарассишĕн.

СССР Верховнăй Совечĕн ларăвĕсем.

ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен тата ССР Союзĕн 1951 çулхипе 1952 çулхи Государство бюджетне пурнăçлани çинчен (СССР Финанс министрĕ А. Г. Зверев СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕнче тунă доклад).

П. Платонов, В. Свешников. — Плана тултарма пур майсемпе те усă курмалла.

Я. Федотов.—Кĕрхи тулла вăхăтра акса хăварар.

Ют çĕршывсенчен килнĕ хыпарсем.

### ПĔЛТЕРНИ

Августăн 7-мĕшĕнче, 20 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотека суртĕнче докладчиксемпе агитаторсем валли инструктивлă доклад пулать. Тема: «Хăватлă Совет Авиацийĕ».

Докладчик — Г. А. Ионов юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

## Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемĕ

### 11-мĕш вылявра выляв тухнине кăтартакан

### СПРАВКА-ТАБЛИЦА

Выляв 1953 çулхи июлĕн 30-мĕшĕнче Саратов хулинче пулнă.

Таблицăра 200 тенкĕлĕх облигацисем çине выляв укçи тухнине кăтартнă.

Заемăн мĕнпур пилек разрядĕнчи çак серисемпе облигацисен номерĕсем çине выляв укçи тухнă:

| Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ | Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ |
|---|---|---|---|---|---|
| 000137 | 1—50 | 400 | 052600 | 1—50 | 400 |
| 000441 | 1—50 | 400 | 053060 | 25*) | 10.000 |
| 000905 | 1—50 | 400 | 053859 | 33*) | 10.000 |
| 000951 | 1—50 | 400 | 053981 | 33*) | 5.000 |
| 001244 | 21*) | 10.000 | 054508 | 06*) | 5.000 |
| 001287 | 42*) | 5.000 | 055185 | 38*) | 5.000 |
| 002423 | 1—50 | 400 | 055432 | 40*) | 5.000 |
| 002912 | 1—50 | 400 | 055527 | 05*) | 5.000 |
| 003058 | 07*) | 10.000 | 056402 | 50*) | 10.000 |
| 004236 | 44*) | 25.000 | 056609 | 37*) | 5.000 |
| 004395 | 36*) | 5.000 | 056860 | 17*) | 5.000 |
| 006620 | 40*) | 5.000 | 057601 | 29*) | 5.000 |
| 007785 | 39*) | 5.000 | 058534 | 38*) | 5.000 |
| 007797 | 1—50 | 400 | 058991 | 1—50 | 400 |
| 007876 | 40*) | 5.000 | 059427 | 28*) | 5.000 |
| 008155 | 35*) | 5.000 | 059468 | 30*) | 5.000 |
| 008487 | 31*) | 5.000 | 059582 | 1—50 | 400 |
| 009786 | 10*) | 25.000 | 059756 | 23*) | 5.000 |
| 010038 | 20*) | 5.000 | 060038 | 1—50 | 1.000 |
| 010480 | 1—50 | 400 | 060182 | 41*) | 5.000 |
| 011737 | 02*) | 10.000 | 060413 | 1—50 | 400 |
| 013417 | 31*) | 10.000 | 061220 | 33*) | 5.000 |
| 013477 | 23*) | 5.000 | 061224 | 42*) | 5.000 |
| 014568 | 1—50 | 1.000 | 061886 | 1—50 | 400 |
| 016188 | 38*) | 5.000 | 063184 | 03*) | 5.000 |
| 017089 | 16*) | 5.000 | 064766 | 42*) | 5.000 |
| 017508 | 1—50 | 400 | 065180 | 1—50 | 400 |
| 020170 | 01*) | 50.000 | 065459 | 45*) | 5.000 |
| 020180 | 1—50 | 400 | 065972 | 1—50 | 400 |
| 020215 | 1—50 | 400 | 066556 | 1—50 | 400 |
| 020645 | 26*) | 5.000 | 067086 | 24*) | 5.000 |
| 020773 | 13*) | 5.000 | 067254 | 06*) | 25.000 |
| 020814 | 49*) | 10.000 | 069745 | 44*) | 10.000 |
| 021544 | 42*) | 5.000 | 069950 | 13*) | 10.000 |
| 021653 | 20*) | 10.000 | 070195 | 1—50 | 400 |
| 021845 | 1—50 | 400 | 071868 | 10*) | 25.000 |
| 022695 | 50*) | 5.000 | 072537 | 04*) | 50.000 |
| 023129 | 1—50 | 1.000 | 073124 | 1—50 | 1.000 |
| 023151 | 08*) | 5.000 | 073589 | 1—50 | 1.000 |
| 023665 | 1—50 | 400 | 075558 | 38*) | 5.000 |
| 023907 | 1—50 | 1.000 | 077072 | 1—50 | 400 |
| 024504 | 1—50 | 1.000 | 077611 | 11*) | 5.000 |
| 025275 | 38*) | 10.000 | 077670 | 47*) | 5.000 |
| 025832 | 01*) | 5.000 | 077821 | 49*) | 10.000 |
| 026809 | 1—50 | 400 | 078115 | 28*) | 5.000 |
| 027857 | 1—50 | 1.000 | 078589 | 23*) | 5.000 |
| 028298 | 39*) | 5.000 | 078816 | 21*) | 5.000 |
| 028373 | 20*) | 10.000 | 081100 | 09*) | 10.000 |
| 028742 | 02*) | 5.000 | 081370 | 1—50 | 400 |
| 028786 | 44*) | 5.000 | 081921 | 33*) | 5.000 |
| 028844 | 34*) | 10.000 | 082001 | 43*) | 5.000 |
| 031418 | 21*) | 5.000 | 082041 | 39*) | 5.000 |
| 031872 | 36*) | 10.000 | 082489 | 31*) | 10.000 |
| 032476 | 36*) | 10.000 | 082886 | 34*) | 5.000 |
| 033650 | 06*) | 5.000 | 083214 | 1—50 | 400 |
| 034434 | 1—50 | 400 | 083631 | 1—50 | 1.000 |
| 034737 | 47*) | 10.000 | 083943 | 1—50 | 1.000 |
| 034787 | 27*) | 5.000 | 087490 | 1—50 | 400 |
| 035234 | 1—50 | 400 | 088111 | 1—50 | 400 |
| 036211 | 43*) | 25.000 | 089079 | 1—50 | 400 |
| 037438 | 1—50 | 400 | 089533 | 1—50 | 400 |
| 037658 | 1—50 | 1.000 | 089849 | 20*) | 5.000 |
| 039544 | 15*) | 5.000 | 090693 | 09*) | 5.000 |
| 039559 | 17*) | 10.000 | 090835 | 30*) | 5.000 |
| 039707 | 1—50 | 400 | 091188 | 18*) | 5.000 |
| 040104 | 18*) | 5.000 | 091369 | 29*) | 5.000 |
| 041695 | 1—50 | 1.000 | 091455 | 07*) | 10.000 |
| 042457 | 21*) | 5.000 | 091821 | 1—50 | 400 |
| 045159 | 1—50 | 400 | 092824 | 44*) | 5.000 |
| 045731 | 19*) | 5.000 | 093299 | 1—50 | 400 |
| 045881 | 50*) | 10.000 | 094404 | 18*) | 5.000 |
| 045927 | 10*) | 5.000 | 095218 | 10*) | 5.000 |
| 046001 | 32*) | 5.000 | 095838 | 1—50 | 400 |
| 046444 | 20*) | 5.000 | 095842 | 13*) | 5.000 |
| 046554 | 1—50 | 400 | 097277 | 47*) | 5.000 |
| 046967 | 1—50 | 400 | 097392 | 22*) | 10.000 |
| 047327 | 46*) | 5.000 | 097463 | 27*) | 5.000 |
| 047563 | 47*) | 5.000 | 097558 | 1—50 | 1.000 |
| 048288 | 1—50 | 400 | 097706 | 38*) | 5.000 |
| 048738 | 28*) | 5.000 | 097773 | 13*) | 5.000 |
| 049228 | 1—50 | 400 | 098577 | 1—50 | 1.000 |
| 050420 | 1—50 | 400 | 098852 | 22*) | 5.000 |
| 051197 | 32*) | 5.000 | 099592 | 33*) | 5.000 |
| 051835 | 03*) | 5.000 | 099835 | 1—50 | 400 |
| 052137 | 11*) | 5.000 | 099941 | 26*) | 10.000 |

*) Çак серие кĕрекен облигацисен ытти 49 номерĕ 400-шер тенкĕ выляса илнĕ.

ЧĂВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧĔН УПРАВЛЕНИЙĔ.

### КИНО

«РОДИНА»—августăн 7-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче «Малахов курган», ытти сеанссенче—Болгарире ӳкернĕ илемлĕ çĕнĕ фильм «Под игом». Сеанссем 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланаççĕ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-64, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00468 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.